ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул Май 11 ВЫРСАРНИКУН № 93 (8745)

Хакĕ 20 пус. 35-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## СССР Финанс министерстви пĕлтерни

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государственнăй заема (1952 çулхи кăларăма), 30 миллиард тенкĕлĕх кăларнине, майăн 8-мĕшĕ вĕçленнĕ тĕле 35 миллиард та 712 миллион та 374 пин тенкĕлĕх, малтан палăртнинчен 5 миллиард та 712 миллион та 374 пин тенкĕлĕх ытларах сарнă.

Заема кăларнă суммăран чылай иртерсе сарнине кура, СССР Финанс министерстви, СССР Министрĕсен Совечĕн кăтартăвĕ тăрăх, 1952 çулхи майăн 10-мĕшĕнчен заем çырăнса илессине пур çĕрте те чарса лартма хушнă.

СССР Финанс министрĕ А. ЗВЕРЕВ.

## Колхозниксем хушшинче политикăллă ĕçе вăйлатмалла

Çуракинче, ытти ĕçри пекех, пирĕн çитĕнӳсен ăнăçлăхне кадрсем татса парассĕ. Суртрисене хăвăрт та лайăх акса хăварма, çапла вара вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешӳре пысăк çитĕнӳсем тума массăсен пĕтĕм вăй-хăватне, пултарулăхĕпе пуçарулăхне мобилизацилесси, колхозниксемпе механизаторсен социализмлă ăмăртăвне большевикла организацилесси ялти парторганизацисен паянхи тĕп задачи пулса тăрать. Организаторла ĕçсене пур майсемпе те лайăхлатса пынипе пĕрле парторганизацисен массăсем хушшинче политикăллă ĕçе те куллен вăйлатмалла.

Политикăллă-массăллă ĕçе хуçалăхри ĕçсемпе тачă çыхăнтарса туса пыни паянхи кун пирĕн умра тăракан чи пысăк ĕçсене—партин Центральнăй Комитечĕ республика ялхуçалăхне малалла аталантарма, колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетме панă задачисене ăнăçлă пурнăçлама пулăшать. Хальхи вăхăтра партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçсене суртрисене хăвăрт акса хăварас, пĕтĕм лаптăкри тырпула лайăх пăхса ӳстерсе вăхăтра пухса кĕртес тĕллевпе туса пырас пулать.

Колхозниксене политикăллă воспитани парас тĕлĕшпе парторганизацисем пухнă паха опыта анлă сарни кирлĕ. Ун пек организацисем халĕ ĕнтĕ пирĕн колхозсенче сахал мар. Тĕслĕхшĕн, Канаш районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизацин опытне кăтартса пама юрать. Паллах, ку парторганизаци ĕçĕнче те пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Çапах та çакă паха: колхозри коммунистсем пирĕн республика ялхуçалăхĕ умне партин Центральнăй Комитечĕ кăларса тăратнă задачăсене лайăх ăнланса илсе, вĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя парса ĕçлессĕ. Парторганизаци политикăллă-массăллă ĕçĕн пур майĕсемпе те усă курать: тăтăшах политикăллă калаçусем, лекцисемпе докладсем иртерсе, колхозниксене партипе правительство решенийĕсем çинчен, Сталин юлташ патне янă çырури вилĕ обязательствăсем çинчен ăнлантарса парать; колхозниксен ĕçри хастарлăхĕпе пуçарулăхне сĕклеме бригадăсемпе уйрăм колхозниксем хушшинче социализмлă ăмăрту организацилет, колхозра малта пыракансене боевой листоксенче, Хисеп хăмисенче кăтартса парать; колхозниксен политикăллă тата культурăллă тавракурăмне ӳстерес ĕçре кинопа, радиопа, политикăллă тата илемлĕ литературăпа анлă усă курать. Колхозри агитаторсем хăйсен ĕçĕпе те, большевикла витĕмлĕ сăмахĕсемпе те колхозниксене обществăллă ĕçе тӳрĕ кăмăлпа туса пыма, колхоз ĕçĕшĕн ответлă пулма воспитани парса хавхалантараççĕ.

Анчах ВКП(б) Канаш райкомĕ, çавăн пекех ытти чылай райкомсем те, массăллă-политикăллă ĕçе лайăх йĕркеленĕ парторганизацисен опытне çителĕксĕр сарса пыраççĕ. Республикăри чылай колхозсем ака-суха ĕçĕсене вăхăтра туса пыраймаççĕ. Ун пек колхозсем кашни районтах, уйрăмах Куславкка, Октябрьски, Шупашкар, Хĕрлĕ Чутай, Çĕмĕрле районĕсенче ытларах. Сăлтавĕ акă мĕнре—çав районсенче массăсем хушшинче политикăллă ĕçе çителĕксĕр туса пыраççĕ, партипе совет тата çĕрĕç органĕсем колхозсене конкретлă тата оперативлă ертсе пымаççĕ. Çавăнпа ĕнтĕ чылай колхозсенче тракторсемпе, лашасемпе, ĕç вăйĕпе туллин усă курмаççĕ, çавăн пирки ака-суха ĕçĕсем вăраха кайрĕç, агротехника правилисене пăсса акнă тĕслĕхсем те сахал мар.

Политикăллă-массăллă ĕçе вăхăтран вăхăта мар, тăтăшах туса пымалла, халĕ вара, çуракин хĕрӳллĕ кунĕсенче, ăна кунсерен вăйлатнăçемĕн вăйлатмалла. Çапах та уйрăм районсенче, сăмахран, Шăхасан районĕнче, çавăн пек тумаççĕ. Райкомăн черетлĕ пленумĕ акă мĕн кăтартса пачĕ: чылай парторганизацисенчи агитколлективсем ĕçлемеççĕ, парти райкомĕ агитаторсене куллен вĕрентмест, вĕсемпе сайра хутра кăна семинарсем, пухусем иртерет, консультацисемпе инструктажсем сахал пулаççĕ. Районти чылай культурăпа çутĕç учрежденийĕсем купă тăраççĕ. Массăллă-политикăллă ĕçсене куллен лайăхлатса пынă пулсан, Шăхасан районĕ çуракине хальхинчен пысăкрах хăвăртлăхсемпе иртернĕ пулĕччĕ.

Колхозлă ялта политикăллă ĕçе, колхозниксене воспитани парас ĕçе çӳлĕрех пусăма çĕклес тесен, пуринчен малтан, парти организацийĕсен кĕрешӳри пултарулăхне ӳстермелле, колхозри тата МТС-ри кашни коммуниста, ялти интеллигенцие агитаципе политикăллă ĕçе активлă хутшăнтармалла. Массăллă-политикăллă ĕçĕн идейăллă шайне ӳстересси çине уйрăмах тимлĕ пăхас пулать. Парти райкомĕсен парторганизаци секретарĕсене агитколлектива ертсе пыма вĕрентнипе пĕрлех, хăйсен те агитаторсене пухса, вĕсене партипе правительство решенийĕсемпе Совет государствин тулашри политики тата тĕнчери лару-тăру çинчен, Чăваш АССР-ĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем Сталин юлташ патне янă çырури обязательствăсене пурнăçлас тĕлĕшпе район, колхоз, МТС умĕнче тăракан задачăсем çинчен тăтăшах ăнлантарса памалла. Паллах, çураки вăхăтĕнче агитаторсен пухăвĕсемпе семинарĕсене иртерме хĕнтерех. Çавăнпа та кашни агитаторпа е агитаторсен пысăк мар ушкăнĕпе ĕçлесси халĕ уйрăмах пысăк вырăнта пулмалла, вĕсемпе вырăнта консультацисем, инструктажсем иртермелле.

Парти райкомĕсем çураки вăхăтĕнче пуçламăш парторганизацисене пулăшма хăйсен представителĕсене колхозсене янă. Парти активĕн колхозниксемпе механизаторсем хушшинче тăтăшах политикăллă калаçусем, докладсем тата лекцисем иртермелле, парторганизаци секретарĕсемпе агитколлектив ĕçне йĕркелеме, политикăллă агитацин идейăллă шайне çĕклеме, агитаторсене вĕрентме, вĕсен опытне сарма пулăшмалла.

Агитаторсен большевикла сăмахĕсем çивĕч те витĕмлĕ пуласси—вĕсем массăсемпе пĕрле ĕçленинчен, уй-хир тата трактор бригадисенчи лару-тăрăва лайăх пĕлнинчен килет. Кашни колхозника е трактористa ĕç нормине иртерсе тултарма хавхалантарасси агитаторăн тивĕçĕ. Унăн малта пыракан колхозниксемпе механизаторсен опычĕ çинчен ытти колхозниксене каласа памалла, вĕсен çитĕнĕвĕсене кăтарту хăмисемпе хисеп хăмисем çинче, стена хаçачĕпе боевой листоксем урлă куллен çутатмалла. Кунпа пĕрлех ĕç дисциплинипе ялхуçалăх артель уставне тата агротехникăна пăснине хирĕç тимлĕ кĕрешмелле.

Хăшпĕр колхозсенче тракторсем чăрăна-чăрăна лараççĕ, лашасемпе сахал ĕçлеççĕ, уйрăм колхозниксем ĕçе тухмаççĕ, хăшпĕр çынсем обществăллă пурлăха — вăрлăхсене, удобренисене, горючипе сĕрмелли япаласене тирпейсĕр тыткалаççĕ. Паллах, çавăн пек йĕркесĕрлĕхсене тӳсме çук. Агитатор хăйĕн кашни калаçăвне уй-хир е трактор бригадин пурнăçĕнчи тĕслĕхсемпе пĕлсе усă курса иртерсен кăна, колхозниксене ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешĕве мобилизацилеме пултарать.

Агитациллĕ тата массăллă пĕтĕм ĕçе çуракине хăвăрт тата лайăх иртерес, техникăпа тата хуçалăхри мĕнпур резервсемпе туллин усă курас тĕллевпе туса пырас пулать. Кашни колхозник, тракторист кулленхи ĕç нормине иртерсе тултарма пултартăр тесе, парти организацийĕсен, агитаторсен массăсен социализмлă ăмăртăвне конкретлă организацилесе пымалла.

Çураки вăхăтĕнче колхозниксем хушшинче массăллă-политикăллă ĕçе çӳлĕ пусăма çĕклес тĕлĕшпе клубсем, вулав çурчĕсем, хĕрлĕ кĕтессем, библиотекăсем, лекторисем, художествăллă пултарулăх коллективĕсем, радио, кино, вырăнти пичет умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Парти райкомĕсемпе пуçламăш парторганизацисен культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕсемпе куллен интересленмелле, вĕсене тимлĕ пулăшса пымалла.

Колхозниксем хушшинче политикăллă-массăллă ĕçе вăйлатса колхозниксен тата механизаторсен социализмлă ăмăртăвне анлă сарар, Сталин юлташ умĕнче илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлама пĕтĕм вăя мобилизацилер.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне Н. М. ШВЕРНИК юлташа

Хисеплĕ Председатель юлташ!

Майăн 8-мĕшĕнче Демократиллĕ Германи Республикинчи мĕнпур ĕçсыннисем, вĕсемпе пĕрле пĕтĕм Германири мире юратакан мĕнпур çынсем, Совет Союзĕн мухтавлă çарĕ нимĕç халăхне гитлерла фашизм пуç пулса тăнинчен хăтарнăранпа çичĕ çул тултарнине уявлаççĕ.

1945 çулхи майăн 8-мĕшĕнчен пуçласа Совет Правительстви нимĕç халăхне демократиллĕ çĕнĕ строй тăвас ĕçре тата экономикăпа культура строительствинче пулăшса пыма ывăнма пĕлмесĕр тăрăшрĕ.

Нимĕç халăхĕн никама пăхăнмасăр тата хăй тĕллĕн пурăнма право пуррине йышăнса, Совет Правительстви пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ тата мире юратакан Германипе мирлĕ договор тăвассишĕн яланах тăрăшрĕ.

Совет Правительстви 1952 çулхи мартăн 10-мĕшĕпе апрелĕн 9-мĕшĕнче США, Великобритани тата Франци Правительствисене панă нотăсем Совет Союзĕ Германи тĕлĕшпе мирлĕ политика çирĕп тытса пынине уйрăмах уççăн тата ĕненмелле кăтартса параççĕ. Совет Правительстви сĕннĕ мирлĕ договор никĕсĕсем Германи пайланса тăнине пĕтерме, нимĕç нацийĕ никама пăхăнмасăр пурăнассине каллех туса хума, çĕршыв ăшĕнче политикăллă ирĕклĕхе тата тулашри çыхăнусенче политикăллă тата экономикăллă пĕр тан права çĕнĕрен илме, демократиллĕ Германи государствин чиккисемпе суверенитетне хӳтĕлеме шанчăк параççĕ.

Германи ыйтăвне мирлĕ майпа тата тĕрĕс татса пама çул кăтартса паракан çав нотăсем тата Генералиссимус Сталин хăйĕн заявленийĕнче хальхи самант Германие çĕнĕрен пĕрлештерме килĕшӳллĕ вăхăт пулса тăнине уççăн палăртни пĕтĕм Германири мире юратакан халăхсене вăрçă хатĕрлемелли пĕтĕмĕшле договора хирĕç, Хĕвеланăç Германире милитаризма çĕнĕрен çĕклентернине хирĕç хытă кĕрешес ĕçе пуçлама хавхалантарчĕç. Çакна май халăх Совет Союзĕн сĕнĕвĕсем тăрăх Мирлĕ договор тутарассишĕн тата Германи правительствине туса хума пĕтĕм Германири суйлавсене иртерессишĕн кĕрешесси анлă сарăлчĕ.

Совет Правительстви Совет Акционерлă обществин 66 предприятине пирĕн ĕçхалăхĕ аллине пама йышăннине пирĕн халăх тав туса ырлать тата хавасланса саламлать. Çав ырă решени Совет Правительстви пирĕн халăхăн демократиллĕ вăйĕсем çине шанса тăнине кăтартса парать. Ку решени Германин мирлĕ экономикине ирĕклĕн аталантарма пулăшать тата Совет Правительстви пирĕн республикăн пилĕк çуллăх планне пурнăçлама ырă кăмăлпа пулăшса пысăк ĕç туни пулса тăрать.

Çавăн пек тӳрĕ кăмăлпа тата ырă шухăшпа туслă тата мирлĕ политика тытса пынăшăн эпĕ Сире, Председатель юлташ, Сирĕн урлă Совет Союзĕн Правительствипе халăхĕсене хамăрăн Ирĕклĕх Кунне уявланă май мире юратакан мĕнпур нимĕçсен ячĕпе хĕрӳллĕн тата чунтан-чĕререн тав тăватăп. Кунпа пĕрлех эпир совет халăхĕсене, хăйсем коммунизмăн аслă стройкисене туса этемлĕхе пултаруллă мирлĕ ĕçĕн чаплă тĕслĕхне кăтартса паракан халăхсене, чунтан-чĕререн ырă сунатпăр.

Сире тусла хисеплесе

Сирĕн

*В. Пик.*

Берлин, 1952 çулхи майăн 8-мĕшĕ.

## Демократиллĕ Германи Республикин Президентне В. ПИК юлташа

БЕРЛИН.

Президент юлташ, Германи халăхне фашизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнă ятпа Эсир саламлă çыру янăшăн чĕререн тав тăватăп тата Германи халăхне пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ, мире юратакан Германи государствине туса хурассишĕн тата мирлĕ договор тутарассишĕн кĕрешес ĕçе ăнăçлă туса пыма чунтан-чĕререн ырă сунатăп.

*Н. Шверник.*

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне И. В. СТАЛИН юлташа

МУСКАВ.

Пĕтĕм чун-чĕререн хисеплесе юратнă Сталин юлташ!

Германи халăхне гитлерла фашизмран хăтарнăранпа çичĕ çул тултарнă кун эпĕ Сире, хисеплĕ Сталин юлташ, Демократиллĕ Германи Республикин Правительстви ячĕпе тата хамăн ятăмпа чунтан-чĕререн саламлатăп. Мухтавлă Совет Çарĕн Германи халăхне гитлерла фашизмран хăтарассишĕн кĕрешнĕ çĕрте пуç хунă хастарлă паттăрĕсем умĕнче эпир вĕсене чунтан-чĕререн хисеплесе асăнса хамăр ялавсене усатпăр.

Демократиллĕ Германи Республикин халăхĕ государствăн майăн 8-мĕшĕнчи праçникне Германи нацийĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйтусене татса парас ĕçе тунă вăхăтра кĕтсе илет. Ĕç Германи территорийĕпе Америка империализмĕ тата унăн нимĕç халăхĕ хушшинчи Бонри тарçисем Европăна çавăрса илме усă курасси çинчен пырать. Ку вăл Европăри миршĕн хăрушлăх тăвать, Германишĕн тăвансем пĕр-пĕрне вĕлерсе пĕтермелли вăрçă тухас тата Германие пĕтĕмпех аркатас хăрушлăха кăларса тăратать. Германи тата хытăрах пайланса пырать, мирлĕ договор тума килĕшменни вара Германи милитаризмĕпе фашизмне çĕнĕрен çĕклеме май парать.

Германи нацийĕн пĕрлĕхне, мирлĕ пурнăçне, никама пăхăнманлăхĕпе суверенитетне туса хурас пирки Германи патриочĕсем кăларса тăратакан требованисене Совет Союзĕ яланах ырланине, çавсене пурнăçлама тӳрĕ кăмăлпа пулăшса пынине питĕ нумай тĕслĕхсем кăтартса параççĕ. Çавăн пек пулăшу панине Германи халăхĕ Совет Правительствин 1952 çулхи мартăн 10-мĕшĕпе апрелĕн 9-мĕшĕнчи нотисенче те курать. Çак документсем пĕтĕм Германи халăхĕн нациллĕ интересĕсемпе пур енчен те килĕшсе тăраççĕ. Çавăнпа та вĕсене пĕтĕм Германири мире юратакан тата патриотла шухăшлă çынсем чунтан-чĕререн кăмăлласа тата тав туса йышăнчĕç. Эпир Совет Союзĕн Правительствине пĕтĕм Германири суйлавсене иртерме, Пĕтĕм Германи правительствине туса хума тата Германипе мирлĕ договор тума пулăшакан сĕнӳсем панăшăн тав тăватпăр.

Эпир тата пире мирлĕ, хуçалăхлă тата обществăллă строительствăн аслă ĕçĕнче пысăк пулăшу панăшăн, уйрăмах Совет Акционерлă обществин 66 предприятине пирĕн халăх аллине панăшăн тав тăватпăр. Çакăн пек пулăшнипе пирĕн ĕçсыннисем питĕ пысăк çитĕнӳсем турĕç. Çав çитĕнӳсем çине кирек мĕнле тапăннине те тата мире хирĕç кирек мĕнле тапăннине те сирсе яма демократиллĕ Германи Республикинчи ĕçсыннисем тата вĕсен Правительстви пур майсемпе те тата пĕтĕм хастарлăхпа тăрăшĕç.

Германи халăхĕ вăрçă вăрçасшăн мар! Германи халăхĕ пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, никама пăхăнман тата демократиллĕ государствăра мире юратакан халăхсен çемйин пĕртан праваллă членĕ пулса пурăнасшăн. Германи халăхĕн патриотла тата мире юратакан вăйĕсем Европăри мире тĕреклетес тата сыхласа хăварас тĕлĕшпе хăйсем умĕнче пысăк ответлă ĕç тăнине ăнланаççĕ. Вĕсем Сире, хисеплĕ Сталин юлташ, малашне те мире сыхласа хăварассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешме шантарса сăмах параççĕ.

ДЕМОКРАТИЛЛĔ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИН ПРАВИТЕЛЬСТВИ
ГРОТЕВОЛЬ, Премьер-Министр.

## Демократиллĕ Германи Республикин Премьер-Министрне О. ГРОТЕВОЛЬ юлташа

БЕРЛИН.

Демократиллĕ Германи Республики Правительствине тата Сире хăвăра, Премьер-Министр юлташ, Германи халăхне фашизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнă ятпа ман патăма туслă çыру янăшăн тав тăватăп.

Германи халăхĕпе Демократиллĕ Германи Республикин Правительствине Германипе пĕтĕм тĕнчери миршĕн усăллă ĕç тăвас шутпа пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ тата мире юратакан Германишĕн, хăвăртрах мирлĕ договор тутарассишĕн тата оккупаци çарĕсене Германирен илсе тухтарассишĕн ăнăçлă кĕрешме ырă сунатăп.

*И. СТАЛИН.*

МУСКАВ.

## СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне И. В. СТАЛИН Генералиссимуса

Хаклă Сталин юлташ!

Совет Союзĕн мухтавлă çарĕ нимĕç халăхне гитлерла фашизмран хăтарнăранпа 7 çул тултарнă кун эпир Сире çав историллĕ çĕнтерӳ ячĕпе саламласа сывлăх сунатпăр тата Совет Союзĕ Эсир ертсе пынипе пирĕн халăха пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ тата мире юратакан Германи тăвассишĕн кĕрешес ĕçре пулăшнăшăн нимĕç халăхĕ Сире чунтан-чĕререн хисеплесе тав туни çинчен пĕлтеретпĕр.

Çак кун эпир Совет Çарĕн хăйсен Тăван çĕршывне тата пĕтĕм этемлĕхе гитлерла фашизм пусмăрĕнчен хăтарассишĕн кĕрешсе хăйсен пуçĕсене хунă паттăрĕсене хисеплесе асăнатпăр.

Совет Çарĕ Германи милитаризмĕпе империализмне çĕнтерни Германири демократиллĕ тата мире юратакан вăйсене хăйсен тăван çĕршывĕн виççĕмĕш пайĕ çинче историри пысăк пĕлтерĕшлĕ демократиллĕ улшăнусене туса иртерме, чăнчăн демократиллĕ тата мире юратакан йĕрке туса хума май пачĕ. Çак çулпа пырса, эпир Демократиллĕ Германи Республикинче, СССР Правительстви питĕ пысăк пулăшу парса тăнипе, политика, экономика тата культура ĕçĕсенче пур енĕпе те çитĕнӳсем чылай тума пултартăмăр.

Паян, 1952 çулхи майăн 8-мĕшĕнче, Германие хирĕç пынă вăрçă вĕçленнĕренпе 7 çул тулчĕ. Анчах Германин халĕ те мирлĕ договор çук, вăл пайланса тăрать-ха. Хĕвеланăç Германире Бонри урăх çĕршывсене пăхăнса тăракан «правительство», Америкăпа Англин вăрçă пуçарма хĕтĕртекенĕсем хĕснипе, Германи милитаризмĕпе империализмне çĕнĕрен çĕклес шутпа «пĕтĕмĕшле договор» тума васкасах хатĕрленет. Ку вăл миршĕн тата нимĕç халăхĕшĕн çĕнĕ хăрушлăх тухса тăрассине пĕлтерет.

Нимĕç халăхĕ Сире, хаклă Сталин юлташ, мире тĕреклетес тĕлĕшпе аслă ĕç пуçарнăшăн, СССР Правительстви Германипе тумалли мирлĕ договора хатĕрлес пирки аслă державăсене нота парса тата мирлĕ договор никĕсĕсен проектне сĕнсе пысăк ĕç пуçланăшăн чунтан-чĕререн тав тăвать.

Эпир нимĕç халăхĕн мире юратакан тата патриотла мĕнпур çыннисем СССР правительствин сĕнĕвĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешĕç тата Германипе мирлĕ договор тутарассишĕн халичченхинчен темиçе хут тимлĕрех кĕрешсе пырĕç, тесе калатпăр.

Çавăнпа пĕрлех эпир хамăр тăван çĕршыва тата хамăрăн демократиллĕ çитĕнӳсене хӳтĕлеме хатĕр, вĕсене хӳтĕлес ĕçе организацилеме пултарни, хамăр республикăна кирек мĕнле тапăнассине те чарса тăма, тапăнусене сирсе яма хатĕр пулни çинчен калатпăр.

Эпир Демократиллĕ Германи Республикине — нацин пĕрлĕхлĕ, демократиллĕ, мире юратакан тата никама пăхăнман Германи туса хурассишĕн пыракан аслă кĕрешĕвĕн çирĕп никĕсне—малалла вăйлатса пыма пур майсемпе те тăрăшăпăр, пур ĕçсене те туса пырăпăр.

Нимĕç халăхĕн историллĕ кунĕнче—Совет Çарĕ нимĕç халăхне гитлерла пусмăртан хăтарнине уявланă кун эпир Сире, хаклă Сталин юлташ, саламласа сывлăх сунатпăр тата пĕтĕм совет халăхне коммунизм тăвас ĕçре, Советлă Тăван çĕршывпа мире юратакан пĕтĕм этемлĕхĕн ырлăхĕшĕн тăрăшас ĕçре çĕнĕ аслă çитĕнӳсем тума ырă сунатпăр.

Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ—
В. УЛЬБРИХТ.

## Чехословаки Республикин Президентне К. ГОТВАЛЬД юлташа

ПРАГА

Наци праçникĕ кунĕнче—Чехословакине фашистла захватчиксенчен хăтарнăранпа çичĕ çул тултарнине уявланă кун Эсир, Президент юлташ, манран эпĕ СССР Верховнăй Совечĕ Президиумĕ ячĕпе тата хамăн ятăмпа чĕререн саламланине тата Чехословаки халăхне малалла чечекленсе пыма ырă суннине йышăнăр.

Н. ШВЕРНИК.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совет Президиумĕн Председательне Николай Михайлович ШВЕРНИК юлташа

МУСКАВ

Хисеплĕ Николай Михайлович, Чехословаки халăхĕн наци праçникĕ кунĕнче эсир ман патăма Советлă Социализмлă Республикăсен Верховнăй Совечĕн Президиумĕ ячĕпе тата хăвăр ятпа салам янăшăн Сире чунтан-чĕререн тав тăватăп.

Паттăр Совет çарĕсем Чехословаки халăхĕсене фашизм пусмăрĕнчен ирĕке кăларчĕç. Чехословаки халăхĕсене Совет Союзĕ тата Аслă Сталин тăванла пысăк пулăшу парса тăни вĕсене хăйсен малашнехи социализмлă телейлĕ пурнăçне туса ситерме пултарассине çирĕп шанса пурăнма май парать.

Клемент ГОТВАЛЬД.

## Чехословаки Республикин Министрсен Совечĕн Председательне А. ЗАПОТОЦКИЙ юлташа

ПРАГА

Чехословакин наци праçникне — гитлерла захватчиксенчен хăтăлнăранпа çичĕ çул тултарнине уявланă кун Сире, Председатель юлташ, тата Чехословаки Республикин Правительствине тусла саламласа сывлăх сунатăп тата Чехословаки халăхне çĕнĕ, халăх демократиллĕ Чехословаки тăвас ĕçе малашне те ăнăçлă пурнăçласа пыма ырă сунатăп.

И. СТАЛИН.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Министрсен Совечĕн Председательне Иосиф Виссарионович СТАЛИН Генералиссимуса

МУСКАВ, КРЕМЛЬ

Министрсен Совечĕн Председателĕ, хисеплĕ юлташ!

Паттăр Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа 7 çул тултарнă кун Эсир Чехословаки Республикин Правительствине тата мана ăшă кăмăллă салам янăшăн Сире Чехословаки Республикин Правительстви ячĕпе тата хамăн ятăмпа чунтан-чĕререн тав тăватăп.

Çак кун Правительство тата Пĕтĕм Чехословаки халăхĕ ячĕпе Сире çапла сăмах паратăп: эпир, Сире чĕререн хĕрӳллĕн юратса пурăнатпăр, социализм тăвассишĕн малашне тата ытларах вăй хурса тăрăшса ĕçлĕпĕр, хамăра ирĕке кăларнă çĕршыва тата тусла—Совет Союзне, мирпе демократи тата социализмăн çирĕп тĕревĕ пулса тăракан çĕршыва, тытакан туслăха союза тата ытларах тĕреклетме тăрăшăпăр.

Антонин ЗАПОТОЦКИЙ,
Чехословаки Республикин Министрсен Совечĕн Председателĕ.

## Чехословаки Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне В. ШИРОКИЙ юлташа

ПРАГА

Чехословаки Республикин наци праçникĕ ячĕпе Сире, Министр юлташ, чунтан-чĕререн саламласа ырă сунатăп.

А. ВЫШИНСКИЙ.

## Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне А. Я. ВЫШИНСКИЙ юлташа

МУСКАВ

Хисеплĕ министр юлташ,

Пĕтĕм Чехословаки халăхĕн наци праçникне уявланă ятпа Эсир мана саламласа сывлăх сунăшăн Сире чунтан-чĕререн тав тăватăп.

Чехословаки халăхĕсем хăйсен çак чи чаплă праçникне малашнехи социализмлă телейлĕ пурнăçа тума май паракан пултарулăхпа пысăк шанчăкпа тĕл пулса уявларĕç.

Чехословаки Республикинчи халăхсене никам çĕнтереймен Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи çирĕп туслăхпа союз Чехословаки халăхĕ хăйĕн умĕнче тăракан задачăсене пурнăçласа тата социализм тума пултарассин пите пысăк шанчăкĕ пулса тăрать.

Вилем ШИРОКИЙ,
Чехословаки республикин Министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ.

## Совет правительствин делегацийĕ Чехословакире

ПРАГА, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Правительстви Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнине уявланă çĕрте пулма Прагăна пынă делегацийĕ ĕнер Кладно хулине Конев маршал ячĕпе тăракан металлурги заводĕн представителĕсем—ертсе пыракан работниксем, ударниксемпе ударницăсем, орденоносецсем тĕл пулса калаçнă. Вĕсем совет халăхне тата ĕçсынинсен аслă çулçуçине учителĕне И. В. Сталина хĕрӳллĕ саламланă, хăйсем Совет Союзĕнчи стахановецсен тата производство новаторĕсен опычĕпе усă курса производствăра тупă ситĕнӳсем синчен каласа кăтартнă.

Кладно ĕçленисем умĕн делегаци пуçлăхĕ Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев кĕске сăмах тухса каланă.

Совет делегацийĕ патĕнче ĕнер тата Чехословакири çамрăксен союзĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Владислав Лисил пĕрле Чехословаки çамрăкĕсен представителĕсем пулнă.

ПРАГА, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Правительстви Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнине уявланă çĕре пынă делегацине тата ытти çĕршывсен правительстви делегацийĕсене чысласа паян Чехословаки премьер-министрĕ А. Запотоцкий кăнтăрлахи апатлану ирттернĕ.

Премьер-министр А. Запотоцкий патĕнче çак хăнара пулнă: Совет Правительстви делегацийĕн членĕсем—Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. А. Зорин, ССР Союзĕн Чехословакири послов А. И. Лаврентьев, ытти правительстви делегацийĕсен членĕсем, ССР Союзĕн Прагăри çар атташи П. И. Гусев генерал-полковник, Наци Пухăвĕн председателĕ О. Йон, Чехословаки правительстви членĕсем, Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитет президиумĕн тата секретариачĕн представителĕсем, Наципллĕ фронта кĕрекен ытти партисен представителĕсем.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн председательне Н. М. ШВЕРНИК юлташа

МУСКАВ, КРЕМЛЬ

Вырăс çарĕсем Турци çарне çĕнтерсе Румынине Турци пусмăрĕнчен хăтарнăранпа тата Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнăранпа 75 çул тултарнă май Сирĕн пата Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕ ячĕпе тата хам ятăмпа хĕрӳллĕ салам яратăп.

Çак аслă куна уявласа, пирĕн халăх вырăс халăхне хăй хĕрӳллĕн хисепленине, питĕ туслă пулнăшăн тата темиçе ĕмĕр хушши пулăшса пынăшăн хисепленине палăртать.

Çак кун пирĕн халăх аслă совет халăхĕ çинчен, пире фашизмпа империализм пусмăрĕнчен хăтарнă Совет Союзĕн паттăр çарĕ çинчен шухăшласа, вĕсене хисеплесе тав тăвать. Паттăр Совет Çарĕ пирĕн халăха ирĕке кăларнипе çеç эпир тулли праваллă тата никама пăхăнман государство туса хума пултартăмăр.

Пирĕн халăх хăйĕн чи лайăх тусĕ, миршĕн кĕрешмелли ялава генилле çӳлте тытса пыракан Аслă Сталин çинчен шухăшласа, ăна хисеплесе тав тăвать.

Румыни халăх республикин Аслă Наци Пухăвĕн Президиум председателĕ
профессор доктор К. И. ПАРХОН.

## Румыни Халăх Республикин Аслă Наци Пухăвĕн Президиумĕн Председательне К. ПАРХОН юлташа

БУХАРЕСТ

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнăранпа 75 çул тултарнă май Эсир ман патăма салам янăшăн Сире, Председатель юлташ, тав тăватăп.

Румыни Халăх Республики малалла чечекленсе пытăр тесе чунтан-чĕререн ырă сунатăп.

Н. ШВЕРНИК.

МУСКАВ, КРЕМЛЬ

## Иосиф Виссарионович СТАЛИН юлташа

Хаклă Иосиф Виссарионович!

Румыни халăхĕн аслă праçникне—вырăс çарĕсем Турци çарне çĕнтерсе Румынине Турци пусмăрĕнчен хăтарнăранпа тата Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнăранпа 75 çул тултарнă куна уявласа, Сирĕн пата Румыни Халăх Республикин Правительстви, Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕ тата пирĕн çĕршыври пĕтĕм халăх ячĕпе хĕрӳллĕ салам яратпăр.

Паян Эпир хамăр çĕршыв историйĕнче асран кайми пысăк ĕç пулнă куна уявлатпăр. Çак кун пулнă ĕç вырăс халăхĕ, юратнă тăван пичче пекех, темиçе ĕмĕр хушши Румыни халăхĕпе туслă пурăннине тата пулăшса пынине яр-уççăн кăтартса паракан тĕслĕх пулса тăрать. Турци пусмăрçисене хирĕç çапăçнă хирсенче Румыни халăхĕпе вырăс халăхĕн хĕçпăшала алла тытса пĕрлешсе кĕрешмелли пархатарлă йăли тĕреклесе пынă. Кивĕ Румынири эксплуататорла классем, Румыни историйĕнчи чаплă ĕçсене манăçа хăварма хăтланни пирĕн халăхăн чĕринче хăйне ирĕке кăларнă аслă вырăс халăхне тулли кăмăлпа хисеплесе унпа туслă пурăнмалли туйăма сӳнтерме пултарайман.

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнине уявласси тата пирĕн вăхăтра пулнă чаплă ĕçе—Совет Союзĕн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем фашистла империализма çĕнтернине, историре паллă çĕнтерӳ тунине уявлассипе пĕрле пулса иртет.

Пирĕн çĕршыв хăй фашизмпа империализм пусмăрĕнчен хăтăлнăшăн Совет Çарне тав тума тивĕç. Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен çĕнтерĕвĕ Румыни халăхне хăйĕн тăвăллă пурнăçĕн пĕтĕм историйĕнче чи малтанхи хут нацин тата государствăн чăн-чăн никама пăхăнманлăхне туса хума, наципе çĕнĕрен çĕклейме, Румыни халăхĕн творчествăллă мĕнпур вăйĕсене аталантарса пыма май пачĕ. Совет Союзĕн аслă çĕнтерĕвне пула пирĕн ĕç халăхĕ хăйĕн кунçулне хăй аллине илчĕ. Рабочи класс ĕç хресченĕсемпе союзлă пулса кĕрешнипе эксплуататорсен власне сирпĕтсе антарчĕ, халăх влаçĕ туса хучĕ. Пирĕн çĕршыври рабочи класс ертсе пыракан ĕçсынинсем социализм тума тытăнчĕç.

Гитлерла çарсене хирĕç çапăçнă çĕрте, ун чухне Румыни дивизийĕсем çĕнтерӳллĕ Совет Çарĕпе юнашар тăрса çапăçрĕç, пирĕн халăхсен хĕçпăшала алла илсе пĕрлешсе кĕрешмелли тăванлăхĕ çĕнĕ шухăш-ĕмĕтпе пуянланчĕ.

Пирĕн халăх телейлĕ пурнăç тума, хăйĕн никама пăхăнманлăхĕпе нациллĕ ирĕклĕхне ĕмĕрĕнхи хаяр тăшмансенчен—Америкăпа Англи империалисчĕсенчен хӳтĕлеме, совет халăхĕ ертсе пыракан ытти мире юрататакан халăхсемпе пĕрле этемлĕхĕн питĕ чаплă ырлăхне—мире сыхласа хăварма пĕтĕм вăя парса хытă тăрăшать.

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнине уявланă кун, фашизма çĕнтернине уявланă кун Румыни халăхĕ тата Румыни Халăх Республикинчи мĕнпур национальноçсем халăхсен тăванлăхĕпе ирĕклĕхĕн идейисене палăртса пĕтĕçтерсе тăракан çын çинчен, фашистла империализма çĕнтерес ĕçе генилле организациленĕ çын çинчен, мирпе демократи тата социализм ялавне çӳлте тытса пыракан аслă Сталин çинчен шухăшласа, ăна хисеплесе тав тăвасçĕ.

Сывă пултăр Румынипе Совет Союзĕнчи халăхсен тăванла туслăхĕ!

Сывă пултăр халăхсен генилле çулпуçĕ, Румыни халăхĕн ашшĕ тата чи лайăх тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин!

Румыни Халăх Республикин Правительстви ячĕпе доктор П. ГРОЗА.
Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕ ячĕпе Г.-ДЕЖ.

Бухарест, 1952 çулхи майăн 8-мĕшĕ.

## Румыни Халăх Республикин Министрсен Совечĕн Председательне ПЕТРУ ГРОЗА юлташа

## Румынири рабочи партин Центральнăй Комитечĕн генеральнăй секретарьне Г.-ДЕЖ юлташа

БУХАРЕСТ

Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнăранпа 75 çул тултарнине уявланă кун туслă саламласа сывлăх сунăшăн Румыни Халăх Республикин Правительствине, Румынири Рабочи Партин Центральнăй Комитетне тата Сире хăвăра тав тăватăп.

Румыни халăхне, Румыни Халăх Республикин Правительствине, Румынири рабочи партин Центральнăй Комитетне çĕнĕ, ирĕклĕ, халăх демократиллĕ Румыни тăвас ĕçре малашне те çитĕнӳсем туса пыма ырă сунатăп.

И. СТАЛИН.

## СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрне А. Я. ВЫШИНСКИЙ юлташа

МУСКАВ

Турци пусмăрçисене хирĕç вырăс çарĕсемпе Румыни çарĕсем пĕрле çапăçнă. Çавăн чухне вырăс çарĕсем çĕнтернине пула Румыни никама пăхăнман государство пулса тăнăранпа 75 çул тултарнине уявланă кун Сирĕн пата хĕрӳллĕ салам яратăп.

Румыни халăхне совет халăхĕсем тулли ирĕклĕх тата никама пăхăнманлăх илме май пачĕç. Совет халăхĕсемпе туслă пурăнни тата вĕсем пулăшни Румыни халăхне хăйĕн социализмлă тăван çĕршывне тăвас ĕçре тата Америкăпа Англи империализмĕн агрессиллĕ ирсĕр ĕçĕсене хирĕç кĕрешес ĕçре хавхалантарассĕ.

Румыни халăхĕ Совет Союзĕн паттăр тăванла халăхĕсене тата хамăр учителе, пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешмелли ялава генилле çӳлте тытса пыракана — Иосиф Виссарионович Сталина чунтан-чĕререн хисеплени тата ĕмĕр-ĕмĕрех туслă пурăнас шухăшлă пулни çинчен пĕлтерсе тав тăвать.

Анна ПАУКЕР,
Румыни Халăх Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ.

1952 çулхи майăн 8-мĕшĕ.

## Çуракине хăвăртлатар, уй-хир ĕçĕсене пысăк пахалăхпа тăвар!

Çураки ĕçĕсен пахалăхне тĕрĕслемелли рейд

### Агротехникăна пăсаççĕ

СОВЕТСКИ. Кăçалхи çуракин уйрăмлăхĕ халĕ пушшех хытă сисĕнет. Тăпрара нӳрĕ сахал, çитменнине çиллĕ çанталăк тăрать. Халĕ акара уйрăмах пысăк хăвăртлăхпа ĕçлени кирлĕ. Хрущев ячĕпе тăракан колхозра çак уйрăмлăхсене шута илмесçĕ. Çуракине кая юлса тытăнчĕç, хăвăртлăхсем халĕ те çителĕксĕр.

Артель кĕрхи калчасене апат пама кирлĕ пек тăрăшмасть. Калчасене сӳрелессине те вăраха ярассĕ, 70 гектар кăна сӳреленĕ.

— Тĕштырăсене çичĕ кун хушшинче акса пĕтеретпĕр, — ĕнентерме пăхать колхоз председателĕ А. Макаров юлташ.

Анчах çакă вăл ĕçпе пачах çыхăнмасть, председатель ăна чухăмăн çеç калать. Унăн тĕплĕн, вăйсемпе майсене шута илсе тунă расчетсем çук.

— Председатель тĕштырăсене çичĕ кунта акса пĕтерессшĕн, сирĕн расчетсем мĕнле?—ыйтрăмăр эпир П. Майков бригадиртан.

— Темле çав, пулаймасть пулĕ, — терĕ бригадир.—Ман бригадăн тĕштырăсем 50 гектар ытла акмалла. Пĕр сеялкăпа кунне 3,5 гектар аксан та 15 куна çитет. Халĕ кулленхи нормăна та тултараймастпăр-ха.

Виççĕмĕш уй-хир бригадин бригадирĕ Петров юлташ та çавăн пек шухăшпах пурăнать.

Артель правленинче ака ĕçĕн планĕ пекки пур, анчах вăл Петров бригадир патне çитмен. Бригадир плана колхозниксемпе пĕрле сӳтсе явман, бригадăри вăйсемпе майсене акана ăнăçлă ирттерме мобилизацилемен. Халĕ Петров юлташ бригади мĕнле килнĕ çапла акать.

Пĕлтĕр Хрущев ячĕпе тăракан колхозра машина-трактор станцийĕ кĕрхи çĕртме нумай тунă, Çакă вăл çураки ĕçĕсене çăмăллатма, пахалăхлăрах ĕçлеме май парать. Анчах Макаров юлташ çак майсемпе усă курас вырăнне ака ĕçĕсене ытла та çăмăллăн тăвас, агротехникăна тӳрремĕнех пăсас çул çине тăнă.

Кĕрхи çĕртме сухине вăхăтра сӳрелемесĕр чылай çĕрте типĕтсе янă. Виççĕмĕш бригадăра кĕрхи çĕртме сухине пачах сӳрелемен, культиваци те туман. Халĕ ситменнине тата алăпа акаççĕ.

Виççĕмĕш бригадăра акан тăваттăмĕш кунĕнче те сеялка юсавсăр ларчĕ, Çавăн пекех сӳресемпе плугсем юсавсăр тата çителĕксĕр пирки икĕ лаша, пилĕк вăкăр икĕ-виçĕ кун ахаль тăчĕç. Хире те юсавсăр плугсемпе тухнă. Çавна пулах икшер касăллă тăватă плугпа виçĕ кун хушшинче пурĕ те пилĕк гектар кăна сухаларĕç.

Вăрлăхсене имçамсемпе чӳхемесĕр, яровизацилемесĕр акаççĕ. Хĕреслĕ майпа тата ансăр ретпе акасси асра та çук.

— Мĕншĕн ун пек тумастăр?

— Темле ĕнтĕ, колхозниксем наказ та панăччĕ ун пек тума,—тет Макаров юлташ.

Пĕрремĕш бригадăра ака ĕçĕсем ăнăçлă пыраççĕ. Сухалакансем, сеялкăпа акакансем нормăна ирттерсе тултараççĕ. Çапла ĕçлесен, çураки ĕçĕсене ытти бригадăсем те чылай хăвăртлатма пултараççĕ. Апла тума мар-ха, кăнтăрлахи канăва 12 сехетре кĕрсе 4—5 сехетре кăна хире тухаççĕ.

Ака пуçланнă кун Хрущев ячĕпе тăракан колхозра районти ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ В. Шумилов юлташ пулчĕ. Кунтах майăн 3-мĕшĕнче ялхуçалăх пайĕн агрономĕ С. Анисимова юлташ кунĕпех ларчĕ. Вĕсем акари йĕркесĕрлĕхсемпе агротехникăна пăсса ĕçлени çинчен пĕлчĕç пулсан та тивĕçлĕ мерăсем йышăнмарĕç.

«Коммунизм ялавĕ» хаçат бригади:
В. ИВАНОВ,
В. СЕМЕНОВ,
Н. ПУШКИН.

## Хăвăртрах тата агротехникăна пăсмасăр ĕçлемелле

Тăвай районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозра агротехникăна пăсса ĕçленине кашни иртен-сӳренех курма пултарать. Эльпуçне пырса кĕрекен çул хĕрринчи пусăри ыраш калчине минераллă удобренипе апат панă. Анчах вăл удобренине лайăх вĕтетсе сапас вырăнне, калча çине муклашкасем пăрахса тухнă. Калча пуссине сӳрелемелли вăхăтсем иртсе пыраççĕ. Апла пулин те сӳре йĕрĕсем курăнмаççĕ-ха.

Калча пуссипе юнашар лаптăк çине 1-мĕш бригада сĕлĕпе пăрçа хутăштарса акать. 14—15 çулхи ачасем алăпа акнă пăрçапа сĕлле „сӳрелесе тăпрапа витĕнтерес тесе тем тĕрлĕ тăрăшаççĕ пулсан та, ĕç тухмасть, сĕлĕ пĕрчисем тăпрапа витĕнмеççĕ. Пăрçа пĕрчисем сӳреленĕ çĕмĕн çиеле тухаççĕ.

— Мĕншĕн сеялкăпа акмастăр вара?—ыйтрăмăр пăрçа акакансенчен.

— Мĕнпе аксан аванраххине хамăр та пĕлетпĕр те... Анчах мĕн тăвас-ха, сеялкăсене юсаман вĕт,—тарăхса ответлеççĕ колхозниксем.

Колхозниксем вырăнлă тарăхаççĕ. Яла пырса кĕнĕ çĕрте сăрт аяккинче ларакан тимĕрçĕ лаççи патĕнче халĕ те икĕ сеялка лараççĕ. Çуракине тухиччен вĕсене юсаса акма юрăхлă тăвайман. Ураскассинчи 2-мĕш бригадăри сеялкăн та шестерни çук. Çавна пула ку бригадăра сĕлле алăпа акаççĕ.

— Кăçал тăпрара нӳрĕ сахал. Кун пек чухне сеялкăпа акнине нимĕн те çитес çук. Трактор акса парасса шанса ларнă пирки хамăрăн колхоз сеялкисене юсасси çинчен шухăшламарĕç,—ӳпкелешеççĕ колхозниксем.

— Тракторĕсемпе те акма питех васкамаççĕ-ха. Çуракине тухнăранпа пурĕ 120 гектар сухалакаларăмăр ĕнтĕ. Вăл шутран 53 гектарне кăна акнă. Ытти вырăнти тăпра типсе выртать,—хуйхăрать тепĕр колхозник.

— Эсир пур трактористсене те пĕр аршăнпа виççе ан хурлăр,—пĕр-пĕрин шухăшне тӳрлетеççĕ колхозниксем.

Колхозра пилĕк трактор ĕçлет. Чăнах та, кунта ĕçлекен трактористсене пурне те хурлама кирлĕ мар. А. Порфирьевă коммунистка хăйĕн тракторĕпе кунĕн-çĕрĕн пĕр чарăнмасăр ĕçлесе, 15 гектар вырăнне талăкра 20 гектар таран сухалать. Вăл ĕçе те лайăх тăвать. Ытти тракторсем вара йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ.

Колхозăн кăçал 980 гектар çине тĕрлĕрен культурăсем акса тата лартса хăвармалла. Çуракине кĕске срокра вĕçлес тесен, лашасемпе те тулли усă курмалла. Кунта хирте кашни кун 40 плугпа сухалаççĕ. Сӳресем те çавăн чухлех. Анчах ĕç тухăçлăхĕ пысăк мар.

Майăн 4-мĕшĕнче пилĕк сехетре ирхине эпир лаша витинче пултăмăр. Сухалакансем лашасене 9 сехет çитсен тин илсе кайма пуçларĕç. Ĕçе кая юлса тухнă тата ир пăрахса тавăрнă пирки ĕнтĕ лашапа сухалакансемпе сӳрелекенсем нормăна тултараймаççĕ.

Çураки вăхăтĕнче кашни çын хăйĕн вырăнĕнче пулмалла. Уйрăмах колхоз правленин аппарачĕ сехет механизмĕ пек тĕрĕс ĕçлемелле. Анчах правлени ĕçĕнче çакă сисĕнмест-ха. Акă, колхоз счетоводне Захаров юлташа илер: Ирхине пилĕк сехетре иккĕмĕш бригадăн бригадирĕ М. Александров юлташ правленине вăрлăх тата столовăйра пĕçерме кирлĕ продуктсем çыртарса илме пычĕ. Захаров счетовод виçĕ хут чĕнтерсен те правленине 9 сехетсĕр пымарĕ. Унăн айăпĕпе трактор сеялкисене 10 сехетсĕр ĕçлеттерме тытăнаймарĕç.

П. ЩИПЦОВ.

## Малта пыракан механизаторсем

ПЕРВОМАЙСКИ. (Телефонпа). МТС коллективĕнче малта пыракан трактористсем çĕршыври паллă механизаторсен примерĕпе хăватлă техникăпа туллин усă курассишĕн, çуракине хăвăрт тата лайăх ирттерессишĕн социализмлă ăмăртăва вăйлатсах пыраççĕ.

В. Маркиданов юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсем Маленков ячĕпе тăракан тата «Путь социализма» колхозсенче ĕçлеççĕ. Маленков ячĕпе тăракан артельте ДТ-54 тракторпа ĕçлекен Ж. Чажлановпа А. Пыркин трактористсем сухаланă чухне сменăри нормăна 130—140 процент тултараççĕ. Вĕсем ку колхозра 140 гектар ытла сухаланă, 100 гектар ытла тырă акса панă. Артель çурхи тулă акса пĕтернĕ. Майăн 9-мĕшĕ—Çĕнтерӳ кунĕ тĕлне ир акакан ялхуçалăх культурисене акса пĕтернĕ.

Пĕрремĕш трактор бригадинчи С. Васильевпа В. Савельев юлташсем НАТИ тракторпа культиваци туса сменăра 22—26 гектар çуртри акаççĕ.

Иккĕмĕш трактор бригадинчи М. Бородкинпа В. Волков трактористсем Карл Маркс ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче тăват-пилĕк кун хушшинче 130 гектар тырă акнă, сменăри нормăна вĕсем чылай ирттерсе тултараççĕ.

Çавăн пекех Ленин ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан, «Осоавиахим», «Правда», «Путь коммунизма», «Комсомолец» колхозсенче ĕçлекен механизаторсем те çуракине хăвăрт ирттерессишĕн ăнăçлă кĕрешеççĕ, вĕсем колхозсене ĕçе тĕплĕ туса параççĕ.

А. ТУНМАНОВ.

## Виççĕмĕш преми илнĕ

Шупашкарти çу завочĕ производство планне уйăхран уйăха ирттерсе тултарать. Пĕрремĕш кварталта сĕт хатĕрлемелли плана 114 процент, сĕт-çуран продукци туса кăлармалли плана 151 процент тултарнă. Производство планне ирттерсе тултарнăшăн, лайăх продукци туса кăларнăшăн завода СССР Аш-какайпа Сĕт-çу промышленность министерствипе ВЦСПС-ăн виççĕмĕш премине памалла тунă.

Н. ЛЬВОВ.

# Çĕршыв халăх хуçалăхне Çĕмĕрле районĕнчи промышленность мĕн парать

**ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ А. Речнов юлташ сĕтел-пукан комбинатĕнчи агитаторсен шкулĕнче иртгернĕ калаçу**

110 çул каялла Мускав кĕпĕрнинчи алăстаçăсен ĕçне тĕпченĕ А. Ильин çапла палăртнă: «Ăстаçă лĕртĕнчи верстак вăл—ĕç хатĕрĕ кăна мар: ун çинче столяр кăнтăрла ĕçлет, каçхине ун çинче çывăрать, верстак ещĕкĕнче унăн ансат туалет хатĕрĕсем, верстак çинчех вăл апат çиет, ун çинче хăйĕн çырăвĕсене çырать, ĕçлĕ кунсенче вăл кунта темиçе пусшăн тар юхтарса ĕçлет, праçник кунĕсенче ун çинчех хăйĕн юлташĕсене картла выляса ярать. Пĕр сăмахпа каласан—верстак пĕтĕм ĕçе татса парать, вăл пур ĕç хатĕрĕнчен те çӳлте тăрать, пĕтĕм ĕç унтан пуçланать. Верстак пултăр, струменчĕ тупăнать, тет ăстаçă пулма хатĕрленекен çын».

Йывăçран тĕрлĕ япаласем тăвас ĕç Октябрьти Социализмлă революциччен çакăн евĕрлĕ пулнă. Верстак çинче ĕçлесех тĕлĕнмелле паха япаласем туса кăларакансем пулнă. Анчах çав япаласемпе патшапа дворянсен дворецĕсенче тата мул хуçисем кăна усă курнă. Сталинла пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче çĕршывра миллионшар ĕççыннисем валли паха сĕтел-пукан тата ытти йывăç япаласем тăвакан пысăк предприятисем ӳссе çитĕнчĕç.

Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ республикăра кăна мар, çĕршыври йывăç япаласем тăвакан промышленноçра та пысăк предприяти шутланать. Ăна сталинла пĕррремĕш пилĕкçуллăхра туса лартса ĕçе янă. Комбинатпа пĕрле çĕнĕ поселок, шкул, поликлиника, больница, клуб, ачасен сачĕ, мунча лартнă.

1940 çулта комбинат 200 пин ытла пукан, йывăçран тунă ытти япаласем пурĕ 25 пин туса кăларнă. Вăрçă хыççăн комбинат хăвачĕ чылай ӳсрĕ. 1950 çулта, вăрçăччен хипе танлаштарсан, 63 процент ытларах продукци туса кăларнă, сĕтел-пукан тăвасси икĕ хут ӳснĕ. Халĕ вăл кĕпе-тумтир хумалли шкаф, кĕнеке хумалли шкаф, апат çимелли сĕтел, çыру сĕтелĕ, пукан, кресло, диван тата ача-пăча сĕтел-пуканĕ нумай туса кăларать. Вăл тăвакан продукци Вăтам Азие, Урала, Çĕпĕре саланать. Сĕтел-пукана вагон çине тиесе пуштатма кансĕр тата хакла ларать. Комбинат коллективĕ пĕрешкел пайсене пĕр виçепе тăвассине йĕркеленĕ. Çапла туни вагонсемпе тулли усă курма, транспорт расхочĕсене чакарма май парать. 1949—50 çулсенче комбинат 860 вагон перекетленĕ. Çĕмĕрлерен ăсатакан пайсене Тăван çĕршывăн тĕрлĕ кĕтесĕсенче пуçтараççĕ.

Иртнĕ çулсенче ку предприяти Кремльти Поликлиника валли чӳрече блокĕсем туса панă. Мускаври чугун çул вокзалĕсенче Çĕмĕрлери столярсен алли витĕр тухнă дивансене курма пулать. Академиллĕ Кĕçĕн театрти вешалкăсене те пирĕн хулара тунă. «Москвич» ятлă çăмăл машинăсен кузовĕсене комбинатра тăваççĕ. Вăл машинăсене кашни хуларах курма пулать.

Иртнĕ çултан пуçласа комбинат Мускаври Ломоносов ячĕпе тăракан Государство университечĕ валли химипе физика лабораторийĕсем валли сĕтелсем, шкафсем тума тытăнчĕ. Кăçалхи заказ пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытла пысăкрах пулин те, ăна çур çул хушшинче пурнăçламалла.

Пысăк сĕтел-пукана верстак çинче тума çук. Комбинатра кăткăс, хăватлă, минутра 7—9 пин хут çаврăнакан станоксем пур. Савалакан станоксем минутра 300—350 метр йывăç савалаça кăлараççĕ. Сменăра çак станок 120 километр тăршшĕ йывăç савалаçа кăларма пултарать.

Технологи процесĕ те лайăхланса пырать. Хатĕр детальсене пухас ĕç халĕ ĕлĕкхи пек ал вĕççĕн пулса пымасть. 1950 çулта кĕпе-тумтир хумалли шкафсене пухса хатĕрлессине конвейер çине куçарнă. Конвейера пĕтĕмпех автоматизациленĕ. Конвейер ритмне ĕçе яракан тата чаракан сехетсем йĕркелессĕ. Вĕсем вăхăт çитсен лампăсене çутаççĕ, звонок параççĕ. Кашни 10 минутра пĕр шкаф конвейертан тухать.

Инженерсемпе техниксем тата стахановецсем тата ултă конвейер туса ĕçе яма палăртнă. Пывăçа гидравлически преспа хĕссе çилĕмпе çыпăçтараççĕ, электричество токĕпе типĕтеççĕ.

Ĕлĕкхи пек ку сĕтел-пукапа пиншер çын мар, миллионшар çын усă курать. Вĕсенчен чылайăшĕ комбинатри рабочисене паха продукци панăшăн тав тăваççĕ Речнов юлташ Копейск хулинчи (Челябинск облаçĕ) И. В. Абрамов забойщикран, Омск хулинчен Е. Ескинаран, Томскри Молотов ячĕпе тăракан медицина институтĕнчи Б. Альбицкий доцентран килнĕ çырусене вуласа парать.

* * *

Экстракт туса кăларакан «Большевик» завод 1950 çулхи май уйăхĕнче 20 çул тултарчĕ. 20 çул хушшинче кашни рабочи тăватă миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă. Заводра туса кăларакан экстрактпа Мускаври, Ленинградри, Хусанти тир-сăран завочĕсем усă кураççĕ.

Завод пĕтĕмĕшпе усă курнă юмана чугун çул вагонĕсем çине тиесен, çав вагонсем 1.000 километра çити тăсăлнă пулĕччĕç. 1951 çулта тепĕр çĕнĕ цех ĕçе кĕчĕ. Çĕнĕ цех чăрăш, çӳçе, эквалипт хупписенчен таннид туса кăларать. Архангельск, Вологда, Кострома, Владимир, Киров, Горький, Иваново, Мускав, Рязань, Ярославль облаçĕсенчен, Мари, Удмурт тата Тутар республикисенчен завода йывăç хуппи кӳрсе килеççĕ. Заводăн электростанци пур. Вăл сĕтел-пукан комбинатне, армана, типографине, кирпĕч заводне, артельсене, ĕççыннисене, учрежденисене тата темиçе колхоза электроэнерги парса тăрать.

* * *

Районта вăрман нумай. Ăçта кăна каймасть пулĕ кунта касса хатĕрленĕ йывăç! Кам кăна усă курмасть пулĕ унпа! 1951—1952 çулсенчи сезонта вăрманпромхоз хатĕрленĕ йывăçран чи пысăк пайне сĕтел-пукан комбинатне тата «Большевик» завода кӳнĕ. Чылай йывăç пулă промышленноçне консерва ещĕкĕсем тума, шахтăсене тĕкĕлеме, хими, нефть, электричество, çăмăл промышленность системисене каять. Мускаври çӳлĕ çуртсем тунă çĕре, Атăлпа Дон хушшинчи канал тунă çĕре те чылай пĕрене ăсатнă. «Чăвашвăрман» треста пăхăнса тăракан вăрманпромхозăн 1952 çулта икçĕр пин кубометр ытла йывăç хатĕрлемелле. Вăрманпромхозăн электростанцисемпе электропăчкăсем тата ытти механизмсем нумай. Касса хатĕрленĕ йывăça турттарса кăларма ятарласа чугун çул йĕппи хывнă.

**Александрова юлташ:** Каснă вырăна йывăç лартас ĕç мĕнле пырать?

**Речнов юлташ:** вăрманпромхоз икĕ çулта 20 кварталта йывăç каснă. Çĕмĕрле вăрман хуçалăхĕ пĕлтĕр 350 гектар çинче хăйне хăй ӳсекен вăрмана хăвăртрах ӳсме май паракан ĕçсем туса иртгернĕ. Кунсăр пуçне вăл çулсерен 500—550 гектар йывăç лартать. Çапла вара хамăр таврари вăрман лаптăкĕ чакмасть, ӳссе пырать.

* * *

Районта икĕ райпромкомбинат, апат-çимĕç комбиначĕ, пилĕк артель пур. Вĕсем урапа-çуна, сĕтел-пукан, партăсемпе кĕнеке шкафĕсем, çемçе дивансемпе кушеткăсем, атă-пушмакпа çăматăсем, катка-пичкесемпе пружинăллă матрацсем, паркетсемпе этажеркăсем т. ыт. те чылай туса кăлараççĕ.

Вĕсем туса кăларакан продукци районта е республикăра кăна мар, республика тулашне те нумай саланать. Иртнĕ çул вĕсем туса кăларнă продукцине республика тулашне икĕ миллион тенкĕлĕх ытла сутнă. «Красный Октябрь» артель икĕ миллион ытла тӳмме Урала ăсатнă, Мыслецри райпромкомбинат чылай кĕнеке шкафĕсем Вăтам Азине ярать. Кăмашари «Обоз», Улхашри «Лесоруб» артельсем тăвакан урапа-çунасене Мускав облаçĕнчи колхозсем хапăл туса туянаççĕ. Кирпĕч завочĕ чылай черепица Каховка гидроэлектростанцийĕ тунă çĕре ăсатать.

Апат-çимĕç комбиначĕн вырăнти чĕртавартан халăха тĕрлĕрен ĕçмелли-çимеллисем туса памалла. Çавăнпа унăн хăйĕн чĕртавар никĕсĕ пулмалла. Ку тĕлĕшрен илсен, пирĕн апат-çимĕç комбинатне начар теме çук. Унăн 8,5 гектар çинче улма-çырла пахчи ешерет, хăйсен утар, ĕне ферми, пулă хуçалăхĕ пур. Кăçал вăл туса кăларакан апат-çимĕç ассортименчĕ тата пысăкланать. Вăл 12 тĕслĕ конфет кăларма тытăнать. Кăçал туса пĕтернĕ теплицăра купăста-хăяр, помидор ӳссе çитĕнет.

Ĕлĕкрех хулара «Труженик» артелĕн хăма çуракан завочĕ пурччĕ. Ун вырăнне союзлă министерствăна пăхăнса тăракан йывăç япаласем тăвакан «Комбайндеталь» завод организациленĕ. Çак завод та халăх хуçалăхне чылай продукци парать.

Ик-виç çул каярах хулара машинăсемпе çул тăвакан станци организацилерĕç.

**Милина юлташ:** Мĕнле механизмсем пур унта?

**Речнов юлташ:** Унăн бульдозерсем, грейдерсем, скреперсем, автомашинăсем, катоксем т. ыт. те пур. Пĕр скрепер 380 тачкăпа тата 63 лавпа çĕр куçарассине пĕччен тăвать. Бульдозер вара 25 метр тăршшĕнче 125 çын тăвас ĕçе пĕччен тăвать.

Хула промышленноçĕ ӳссе пынă май, кадрсем пирки çивĕч ыйту тухса тăчĕ. Хулари ремесла училищи çĕршыври сĕтел-пукан промышленноçĕ валли ăста столяр-краснодеревецсем вĕрентсе хатĕрлет. ФЗО шкулĕ трактористсем, электропильщиксемпе электролебедчиксем тата платниксем вĕрентсе хатĕрлет.

Хулан малашлăхĕ пысăк. Партипе правительство йышăннă тăрăх комбинатăн хăвачĕ ӳсмелле. Вăтам шкул, ача сачĕ, ача ясли, больница, поликлиника сурчĕсем ӳссе лармалла. 4,5 пин тăваткал метр пурăнмалли çуртсем лартмалла.

Çĕнĕ çуртсем тума строительство материалĕсем нумай кирлĕ пулать. Пирĕн правительство ăна та шута илнĕ. Кирпĕч завочĕн малашне сезонта 3,5 миллион кирпĕч туса кăлармалла пулать.

«Чăвашвăрман» трестне кĕрекен вăрманпромхоз вăрман тата ытларах хатĕрлеме тытăнать. Кăçал вăл ансăр чугун çула 10 километр тăршшĕ малалла тăсать.

Вăрманпромхозăн пурăнмалли çуртсен лаптăкĕ 2.500 тăваткал метр чухлĕ ӳсет. Вăл шутран 1.500 тăваткал метрĕ стандартлă çуртсем пулаççĕ. Ку вара 50 çуртран тăракан пĕр поселок пулать.

Хула ӳснĕ май хăшпĕр йывăрлăхсем те тухса тăраççĕ. «Большевик» завод электростанцийĕ завода кăна тивĕçтерме пултарать. Çавна май вырăнти торфпа ĕçлекен пĕр пысăк электростанци лартас ыйту тухса тăрать.

Ситес çулсенче эпир ку задачăна та ăнăçлă пурнăçлăпăр.

**Е. АФАНАСЬЕВ** çырса илнĕ.



Чапаевски поселокри хушма хуçалăхра кашни çулах ир пулакан пахча çимĕçсем нумай туса илеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: хушма хуçалăх теплицинче ĕçлекен М. Толстова помидор калчин ытлашши турачĕсене иртет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Тимĕр-тăмăр пухас ĕçе вăйлатар

Çак кунсенче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ 1952 çулхи пĕрремĕш кварталта тимĕр-тăмăр пухас ĕç республикăра мĕнле пулса пынине пăхса тухрĕ.

Республикăри хăшпĕр районсемпе хуласенчи предприятисем пĕрремĕш кварталта тимĕр-тăмăр пухса ăсатмалли плана тултарман. Канашри вагонсем юсакан завод 1.309 тонна, Чăвашпотребсоюз системи 272 тонна, Главутильсырье кантурĕсем 135 тонна тимĕр-тăмăр хатĕрлесе çитермен.

Тимĕр-тăмăр пухас тĕлĕшпе районсемпе хула Совет исполкомĕсен татăклă мерăсем йышăнмалла.

1952 çулхи пĕрремĕш çурçулта тимĕр-тăмăр пухса ăсатмалли плана тултарас тĕлĕшпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ район тата хула Совет исполкомĕсен председателĕсене майăн 10-мĕшĕпе июнĕн 10-мĕш хушшинче тимĕр-тăмăр пухмалли уйăхлăх иртгерме, çак ĕçе мĕнпур общественноçа анлă хутшăнтарма, ялсен территорийĕсенче хуçасăр выртакан тимĕр-тăмăра пухса ăна складсене парассине йĕркелеме хушса хăварнă.

Тимĕр-тăмăр пухакан предприятисен руководителĕсен 1952 çулхи пĕрремĕш çурçул планне тултарассишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

## Çĕнĕ йышши продукци

ПАРАЧКАВ. Калинин ячĕпе тăракан промысла артелĕ хăй туса кăларакан продукцисен ассортиментне ӳстерсех пырать. Кăçал кунта çĕнĕ йышши продукци—фанера туса кăларассине йĕркеленĕ. Çав майпа ятарласа цех уçнă. Кăçал кунта пурĕ 300 кубометр фанера туса кăлармалла.

**В. ТОНЫШЕВ.**

## Чăваш академи театрĕ хĕллехи сезона вĕçлерĕ

Майăн 5-мĕшĕнче Чăваш государство академи театрĕ кăçалхи сезонта юлашки хут П. Осиповăн «Айдар» пьесине лартса пачĕ. Çакăнпа хĕллехи сезон вĕçленчĕ.

Кăçалхи сезонта театр пурĕ 110 спектакль кăтартнă, вĕсене 15 пин çын пырса курнă.

Иртнĕ сезонта театр коллективĕ чăваш драматургĕ К. Çайраш çырнă «Туссем» пьесăна, çавăн пекех «Чечеклĕ улмуççи», «Пурнăçа юратса» (Юлиус Фучик) тата «Кашни кашăкăх аш турамĕ левмест» пьесăсене, вырăссен паллă писателĕ Н. В. Гоголь çырнă «Ревизор» комедине лартса пачĕ.

Ситес кунсенче театр коллективĕ виçĕ ушкăна уйрăлса Чăваш, Тутар, Пушкăрт республикисене тата Куйбышевпа Ульяновск облаçĕсене гастроле тухса каять.

## Ял Совет председателĕ çырнă кĕнеке

Чăваш АССР государство издательстви «Кăташ ял Совечĕн ĕçри опычĕ» çинчен Етĕрне районĕнчи Кăташ ял Совечĕн председателĕ Н. Д. Цветков юлташ çырнă кĕнекене пичетлесе кăларнă. Çак кĕнекере автор хăй ертсе пыракан ял Совечĕн, ял Совет депутачĕсен тата ялти активăн ĕçĕсем çинчен каласа парать.

## *„Тăван Атăл“ альманахăн çĕнĕ номерĕ*

Çак кунсенче Чăваш совет писателĕсен союзĕ кăларакан «Тăван Атăл» альманахăн 1(42)-мĕш кĕнеки пичетленсе тухрĕ. Кĕнеке чăваш халăх поэчĕ Петĕр Хусанкай çырнă «Горкăри çуртра» ятлă поэмăпа уçăлать. Альманахра Украина писателĕ Юрий Бураковский çырнă «Пурнăçа юратса (Юлиус Фучик)» пьеса пысăк вырăн йышăннă.

Прозăпа поэзи пайĕнче Н. В. Гоголĕн «Вилĕ чунсем» поэмин пĕр сыпăкĕ (Н. Ильбек куçарнă), С. Федоровăн «Кандидат» ятлă калавĕ, В. Алендейпа И. Малкай сăввисем пичетленнĕ.

«Искусство ĕçыннисем» ятлă çĕнĕ пайра Л. Осинский çырнă «Моисей Спиридонов» монографи пичетленнĕ.

Истори пайĕнче Н. Романов статьи, «Литература историйĕ. Литературоведени. Критика» ятлă пайра В. Долгов, В. Канюков, П. Тукташ статьисем пур.

# *Жолио-Кюри Остин патне янă çыру*

ПАРИЖ, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Се суар» хаçат США-и Хĕрушсăрлăх Совечĕнчи ялахи представителĕ Остин апрелĕн 3-мĕшĕнче янă çырăва хирĕç Фредерик Жолио-Кюри панă ответа пичетлесе кăларнă. Остин хăйĕн çырăвĕнче Жолио-Кюри çинчен элекленĕ, унта вăл Америка агрессорĕсен Корейăри бактериллĕ вăрçипе çыхăнса тăракан ыйтусем çине Жолио-Кюри «тӳрĕ кăмăлпа» пăхмасть, тесе каланă.

«Париж, 1952 çулхи майăн 3-мĕшĕ.

Уоррен Остин господина, 2 Парк авеню, Нью-Йорк, США.

Остин господин, эсир апрелĕн 3-мĕшĕнче янă çырăва илтĕм, ун çинчен эпĕ хаçатсем çинче тата США информаци службин кашни кун тухакан бюллетенĕнче пичетленнĕ хыпарсенчен маларах пĕлнĕччĕ. Сире ответ париччен эпĕ çырăвăн чăн-чăн тата пĕтĕм текстне алла илме шутланăччĕ.

Эсир хăвăр çырăва эпĕ чĕнсе калани пирки çырнă. Эпĕ çав чĕнĕве тĕплĕ шухăшласа çырнăччĕ.

Жолио-Кюри малалла çапла çырать: «Сирĕн çĕршывра бактериллĕ хĕçпăшала аталантарма 10 çул хушши ытла хытă тăрăшаççĕ, бактериллĕ вăрçă енĕпе сирĕн специалистсемпе Японин опытлă специалисчĕсем тачă çыхăнса ĕçленине пурте пĕлеççĕ, Хиросимăпа Нагасаки хулисене мĕнле аркатса тăкнипе никам та манма пултараймасть. Америка çарĕсем Корейăра пĕтĕмпех пĕтерсе тăкма вут тивертекен бомбăсемпе усă курнине пурте пĕлеççĕ. Çавсене пĕлменнисем кăна сынсем наукăна çĕнĕрен пăсни, бактериллĕ вăрçă вăрçни пулма пултарас çук, тесе шутлĕччĕç.

Анчах эсир, Уоррен Остин господин, çак фактсем çинчен питĕ лайăх пĕлетĕр, эсир тата сирĕн политикăшăн ответлă çынсем хăйсен заявленийĕсенче тата сирĕн хаçатсем çинче пирĕн çĕр чăмăрĕ çинчи пĕтĕм пурнăçа пĕтерсе лартма пултаракан чи хăрушă тата тискер хĕçпăшалсемпе усă курассине темиçе хутчен те юнаса хăратнине те пĕлетĕр.

Корейăпа Китайра бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курни çавăн пек юнаса хăратнисене пĕрремĕш хут пурнăçлани пулса тăрать. Китай Наука академийĕн президенчĕ, манăн коллега Го Мо-жо, тата Китай ученăйĕсем (вĕсенчен нумайăшĕ США-ри, Великобританири тата Францири аслă шкулсенчен вĕренсе тухнă) мана Корейăпа Китайри фактсене йĕрлесе тĕпчени çинчен çырнă протоколсене ярса пачĕç. Çав ученăйсене эпĕ кăмăллатăп, вĕсен профессипе мораль тĕлĕшĕнчи пахалăхĕ пирки, вĕсем тӳрĕ кăмăллă çынсем пулнă пирки иккĕленмелли нимĕн те çук. Вĕсем палăртнă тата мана пĕлтернĕ фактсем халĕ бактериллĕ вăрçă пынине кăтартса параççĕ.

Сирĕн правительство бактериллĕ хĕçпăшалпа усă курман тесе пĕлтерчĕ, çавăншăн айăпланисене хăй йышăнмани çинчен татăклăн каларĕ, кун пирки йĕрлесе тĕпчеме Тĕнчери Хĕрлĕ Хĕрес комитетне хушма сĕнчĕ. (Пĕтĕм тĕнчери Хĕрлĕ Хĕрес обществисен Женеври 12-мĕш конференцийĕ йышăннă пиллĕкмĕш резолюци ку организацие преступлениллĕ ĕçсене йĕрлесе тĕпчеме полномочи памасть. Унăн текстне пĕлтеретĕп. Унта çапла каланă: «Женеври 1925 çулхи июнĕн 17-мĕшĕнчи протокола пăссан, Хĕрлĕ Хĕресĕн тивĕçĕ мирлĕ вăхăтрах, гражданла влаçсемпе тата çар влаçĕсемпе çыхăнса ĕçлесе хăйĕн работникĕсене, çапăçакан çарсене тата уйрăмах гражданла халăха химиллĕ вăрçăпа тапăннинчен хӳтĕлемелли майсем шыраса тупас пулать. Пĕтĕм тĕнчери комитета çак программăна пурнăçласси мĕнле пулса пынине пĕлсе тăма тата çĕршывсенчи обществăсемпе ку ыйту тăрăх çыхăнусем тытма хушас. Вăрçăра пăчăхтарса вĕлерекен газсемпе усă курассине хирĕç тата бактериллĕ вăрçă хирĕç моралĕ кĕрешесси, пропаганда тăвасси тата çавăн пек меслетсемпе вăрçнине пула килсе тухакан инкексенчен хӳтĕленме тата сиплеме наукăпа техника енчен чи лайăх хатĕрсене туса хатĕрлесси Тĕнчери Хĕрлĕ Хĕреспе çĕршывсенчи Хĕрлĕ Хĕрес обществисен малти вырăнта тăракан ĕçсем пуласси пуриншĕн те тунă правило шутланмалла»).

Асăннă комитета, унăн положенийĕ тăрăх, çавăн пек ĕçсене йĕрлесе тĕпчеме ятарласа полномочи паманнине эсир лайăх пĕлетĕр, çакпа, паллах ĕнтĕ, сирĕн правительство та пĕлет. Çакăнта пулнă пулĕ Сирĕн правительство юлашки вăрçă вăхăтĕнче нацистсен концентраци лагерĕсене тăрă шыв çине кăларассине, вĕсем çинчен пĕлтерессине хăйĕн тивĕçĕ тесе шутламанин сăлтавĕ. Çав лагерьсем çинчен, вĕсенче усă курнă хатĕрсем çинчен вăл лайăх пĕлсе тăнă ĕнтĕ.

Бактериллĕ вăрçă пирки ыйту тухса тăриччен корейцсемпе китаецсем Тĕнчери Хĕрлĕ Хĕрес комитечĕн представителĕсене хăйсен территорийĕсене кĕртме килĕшмерĕç. Çавна мĕнле сăлтавсене пула тупни çинчен корейцсемпе китаецсем хăйсем пĕлеççĕ, çав сăлтавсене вĕсем çĕç калама пултараççĕ. Апла пулсан, çакă уççăнах паллă: США правительстви Тĕнчери Хĕрлĕ Хĕрес комитетне асăннă ĕçе йĕрлесе тĕпчеме сĕннĕ чухне, çав сĕнĕве корейцсемпе китаецсем йышăнма пултарас çуккине лайăх пĕлнĕ ĕнтĕ.

Кун пирки Китай Халăх Республикин правительстви пачах уррăхла сĕнӳ пачĕ, вăл тĕнчери çĕршывсен комиссине тума сĕнчĕ. Ку комисси закопла правалла тата тӳрĕ кăмăлла пулас пирки тавлашма нимĕнле сăлтав та çук. Вăл пур фактсене те, документсемпе япаласене те пухма пултарать. Çавăн пек комиссие часах туса хурĕç, унта ученăйсен, юристсен, тĕп ĕçĕнчи çынсен авторитетлăй представителĕсем кĕрĕç.

Комисси вырăна тухса каять, унта пур фактсене те пухать.

Çав комисси членĕсене пĕлместĕр, эсир вĕсене кӳрентерекен сăмахсем каласа намăслантарма шутланă. Çавăн пек каланисем, нимĕн иккĕленмелли те çук, хавшак чĕреллĕ çынсене каялла чакарма пултараççĕ, анчах вĕсем тӳрĕ кăмăллă тата хастарлă çынсене тĕрĕслĕхе палăртма, чăнлăха çиеле кăларасишĕн тăрăшма нихçан та чăрмантараймĕç.

Эсир манăн патăма «Нью-Йорк таймс» хаçатра пичетленнĕ статьян копине ярса патăр, ку статья çинчен эпĕ унччен пĕлнĕ. «Нью-Йорк таймс» хаçат канашланă экспертсем Пекинри хаçатра пичетлесе кăларнă хăшпĕр фотоӳкерчĕксене критикленĕ. Хаçатсем çинче пичетленнĕ документсене хăшпĕр енĕпе критикленине илсен, çакна каламалла: хăйсем критиклекен ĕçе сахал пĕлекен экспертсем сире те нимĕн пĕлмесĕрех критиклеме пултарĕç. Кунсăр пуçне, экспертсен хăйсем тишкересе тухнинчен выводсем тăвас умĕн çакна шута илмелле пулнă: паллă ученăйсенчен нумай çынсем, чылай укçа илсе тăракансем, 10 çул хушши «атомлă бомба туса хатĕрленĕ çĕртинчен те вăрттăнтарах майпа ĕçленĕ» («Нью-Йорк геральд трибюн» хаçатра 1947 çулхи декабрĕн 1-мĕшĕнче пичетленнĕ хыпар), паллах ĕнтĕ, вĕсем çĕнĕ результатсем тума пултарнă.

Бактериллĕ вăрçă хатĕрлес тĕлĕшпе сирĕн çĕршывра хытă тăрăшнине эсир хăвăрах питĕ лайăх пĕлетĕр. Кун çинчен Дж У. Мерк доклачĕсенче, Розберипе Кэбăт çырнă статьяра, Розбери çырнă «Мир е чума» кĕнекере каласа панă. Çакна Пĕрлешӳллĕ Штатсен ответлă деятелĕсен нумай заявленийĕсем те кăтартса параççĕ. Эсир, паллах, кунсăр пуçне, Америкăн «Альсос миссийĕн» докладне астăватăр. Унта Гоудсмит физик çапла çырнăччĕ: нимĕççен ядролла физика енĕпе ĕçленĕ паллă специалисчĕ Гейзенберг атомлă бомба Хиросимăра сурăлнă хыççăн тепĕр кунне те атомлă бомба пуррине ĕненме килĕшмен, тенĕччĕ.

«Нью-Йорк таймс» хаçатра пичетленнĕ, эсир манăн патăма ярса панă статьярах «Пентагон представителĕ» Китай айăплаçа каланисем суя пулнă пек, хăйне çав суяна тăрă шыв çине кăларакане пек кăтартма хăтланать. Бактериллĕ бомбăсене вăл «листовкăсем сармалли тимĕр ещĕксем, теори енĕпе илсен те, вĕсене бактериллĕ вăрçăра усă курма юрăхлă тума çук», тет. («Нью-Йорк таймс» хаçатăн 1952 çулхи апрелĕн 3-мĕшĕнчи номерĕ). Кунсăр пуçне, «Нью-Йорк геральд трибюн» хаçат апрелĕн 6-мĕшĕнче çырнă тăрăх, «представительсен палатин укçа уйăрса парас тĕлĕшпе ĕçлекен комиссийĕн подкомисси представителĕ Роберт Сайкс, вăрттăн ларура çар ĕçĕн ыйтăвĕсем çинчен пĕлтернисене итленĕ хыççăн, çапла каланă: тепĕр государство хăйĕн прависенчен иртсе тивĕççĕр ĕçсем тунине хирĕç мерăсем йышăнас шутпа бактериллĕ вăрçă вăрçни «мĕнле те пулин питĕ кăткăс хĕçпăшалпа усă курмаллине пĕлтермест. Тăшман территорийĕнче микробсем сармалли хатĕрсем кăткăс мар, вĕсене сарма хальхи вăхăтра хĕçпăшаллă вăйсем валли нумай туса панă оборудовани те сăмахран, пропаганда тăвас тĕлĕшпе листовкăсем пăрахнă çĕрте усă куракан ещĕксем те юрăхлă», тенĕ вăл.

Çав представитель бактерисем тултарнă кĕленче трубана самолетпа илсе кайнă чухне, вăл ăна хĕснĕ пирки çурăлса кайнă пулĕччĕ тенинчен эпĕ сăмаллăнах тăрхласа кулма пултарăттăм. Çаксем пурте ĕнтĕ Америка гражданĕсем тата Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе союзлă державăсен гражданĕсем шиклесе ӳкнине, вĕсене вам çавăн пек пысăк преступление хутшăнтарнă пирки, сирĕн çĕршыв вĕсене сĕтĕрсе кĕртме тăрăшакан хĕреслĕ поход пирки гражданссем шиклесе ӳкнине лăплантарма çителĕксĕр. Сирĕн коллега—Британи представителĕ Глэдуин Джебб темиçе кун каялла çав хĕреслĕ похода хирĕç сăмах тухса каланăччĕ ĕнтĕ.

Çырăва вĕçлес умĕн эпĕ сире çакăн çинчен каласшăн: эсир хăвăр ятарласах кӳрентермелле çырниччен эпĕ тĕлĕнсе кайрăм. Эпĕ аслă Пастер тĕпчесе тунă ăслăлăха преступлениллĕ ĕçсем тума усă курнипе хирĕç тăнăшăн тата эпĕ бактериллĕ вăрçа малалла вăрçассине чарса лартассишĕн кĕрешме общественноçа чĕнсе каланăшăн эсир мана наукăна хисеплемест, наука енĕпе сутăнчăкла ĕç тăвать, тесе айăплатăр. Манăн шутăмпа, камсем атомлă саманапа Хиросимăпа Нагасаки хулисенче гражданла халăхран 200 пин çынна пĕтерсе тăкнипе пуçлама тăрăшнă, çавсем наука енĕпе сутăнчăкла ĕç тăваççĕ.

Эсир çакна лайăх пĕлетĕр: Америка ученăйĕсем наука тата техника енĕпе хытă тăрăшса ĕçленĕ хыççăн юлашкинчен Америкăн ответлă политикăлла деятелĕсенчен çав вăхăтра пулнă атомлă икĕ бомбăпа усă курас мар тесе питĕ хытă йăлăнса ыйтнă. Анчах Потсдамран çырса янă ультиматум çине Япони ответ паричченех, çав бомбăсене унта илсе кайса пăрахнă. Бомбăсене стратегиллĕ тĕллевсемпе пăрахнин результачĕсене тĕпчесе вĕренес ĕçĕн управленийĕ кун пирки «бомбăсем пăрахма нумай ĕçсем туса тăнипе тата халăх нумай пурăннипе паллă пулса тăракан вырăнсене суйласа илнĕ», тесе пĕлтернĕччĕ. Хиросима хулине тата унти гражданла халăхран 100 пин çынна пĕтерсе тăкни çителĕксĕр пулнă, вара темиçе кунтан çавăн пек тискер ĕçе Нагасакире туса пăхнă. Джеймс Франк комитечĕ çар министрĕ патне 1945 çулхи июнĕн 11-мĕшĕнче, урăхла каласан, Хиросимăра бомба çурăличчен маларах янă доклада Уоррен Остин господин тепĕр хут вуласа пăхăр-ха («Минитс ту миднайт», «Ученăй-атомниксен бюллетенĕнче» пичетленнĕ, Чикаго, 15-мĕш стр.). Унта «çак ним шеллемесĕр пĕтермелли çĕнĕ хатĕрпе Пĕрлешӳллĕ Штатсем малтан усă курсан, вĕсене тĕнчери общественность пулăшса тăма пăрахĕ, вĕсем васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлес ĕçе хăвăртлатĕç, çавăн пек хĕçпăшала малашне контроллесе тăрас пирки тĕнчери çĕршывсен килĕшĕвне тумалли мая пĕтерсе хурĕç», тесе каланă.

Çав вăхăтрапа эсир атомлă хĕçпăшала законсăр çар хатĕрĕ вырăнне хурса шутлама килĕшместĕр. Бактериллĕ хĕçпăшал пирки тĕнчери çĕршывсен килĕшĕвĕ—1925 çулхи июнĕн 17-мĕшĕнче Женевăра çырса алă пуснă протокол пур ĕнтĕ. Анчах мĕнпур аслă державăсенчен ăна икĕ çĕршыв—Японипе Пĕрлешӳллĕ Штатсем çеç йышăнса çирĕплетмен. Сирĕн çĕршына илес пулсан, 1947 çулхи апрелĕн 8-мĕшĕнче Трумэн президент,—унăн аллинче çавăн чухне США-ри вăрттăн тунă тĕпчев ĕçĕсен результачĕсем пулнă,—асăннă килĕшĕве йышăнса çирĕплетес ыйтăва конгресс кун йĕркинчен кăларттарнă.

Халĕ, бактериллĕ вăрçă çинчен Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕнче ыйту лартнă вăхăтра, эсир, Уоррен Остин господин, çавăн пек хĕçпăшалпа усă курмалли легальнăй правăна хăйĕнче хăварнă пĕртен-пĕр çĕршывăн представителĕ пулса, нимĕн чухлĕ те именместĕр-и? Корейцсемпе китаецсем, сирĕн çĕршывра йышăннă режимпа танлаштарсан, урăхла режим суйласа илнĕшĕн, вĕсен ӳчĕ шурă пулманшăн вĕсене вут тивертекен бомбăсем тата бактерисем пулăшнипе йышăн вĕлерсе пĕтерме ирĕк панă тесе шутлама çук. 1903 çултах Стокгольмра Пьер Кюри «пĕтĕмпех аркатакан питĕ хăрушă хатĕрсем халăхсене, вăрçас çул çине илсе тухакан чи пысăк преступниксем аллинче пулнă» пирки шикленнĕ. Мана Баккерелпа тата Мария Кюрипе пĕрле хастарлă ĕçлеме хавхалантаракан çын çавăн пек асăрхаттарса каланă пирки эпĕ час-часах шухăшлаттăмччĕ. Шăпах та çавăнпа эпĕ, тĕнчене наука мĕн пама пултарассине пĕтĕмпех пĕлсе тăрса ĕнтĕ, вăл темĕнле турă хушнипе пурнăçлас ятпа çынсене пĕтерес ĕçре ан пулăштăр тесе, наука çынсене,—вĕсем шурă ӳтлĕ, хура е сарă ӳтлĕ пулсан та,—телейлĕ пурнăç тума пулăштăр тесе малашне те тăрăшса ĕçлĕп».

## США-ри пичет ирĕклĕхĕ çинчен Америка журналисчĕ мĕн çырать

НЬЮ-ЙОРК, майăн 6-мĕшĕ. (ТАСС). «Дейли компас» хаçатра ĕнер Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи «пичет ирĕклĕхĕ» çинчен статья пичетленсе тухнă.

Статьяра çапла çырнă: «Пĕтĕм çĕршыври редакторсемпе издательсем кашни çулах пĕр эрнелĕхе пухăнаççĕ те пирĕн «пичет ирĕклĕхне» мухтаççĕ. Çав хамăра мухтамалли пухусем çинчен тĕплĕ çырнă отчетсене вуласан, кашни çулах эпĕ ирĕксĕрех çавнашкал тепĕр пуху çинчен, ялавхинчен урăхла, унччен нихçан пулман ĕç çинчен аса илетĕп. Çав пухура пĕр оратор хăйне итлекенсене ялахи кичем тата пуçран юриех шухăшласа кăларнă сăмахсем калас вырăнне урăхла каланă, вăл тĕрĕс сăмахсене каласа панă.

Çав çыннăн ячĕ—Джон Суинтон. Вăл «Нью-Йорк таймс» хаçатăн главнăй редакторĕ тата Нью-Йоркри «Сан» хаçат редакторĕн — Чарльз Данăн помощникĕ пулнă. 1883 çултан пуçласа 1887 çула çитиччен вăл хăйĕн хаçатне кăларса тăнă. Ăна хисеплесе, унпа пĕрле ĕçлекен редакторсем банкет тунă. Банкетра вăл (Суинтон) çапла каланă: «Çĕршыври пĕчĕк çеç хуласене шута илмесен, Америкăра пичет ирĕклĕхĕ çук. Эпир пурсăмăр та çакăн çинчен лайăх пĕлетпĕр: кам та пулин хăйĕн шухăшне уççăн çырса пĕлтерме хăять пулсан, эсир çавăн пек тăваттăр пулсан, эсир малтанах хăвăр çырни хаçатра нихçан та пичетленсе тухас çуккине пĕлсе тăратăр.

Мана эрнере 150 доллар тӳлеççĕ. Мана çав укçана хамăн шухăшăма хаçат çинче, хам ĕçленĕ хаçатра çырса кăларма чарас шутпа параççĕ. Эсир те çавăншăнах укçа илетĕр. Сирĕнтен камăн та пулин хăй мĕн шухăшлани çинчен уççăнах çырма айванлăх çитсен, ăна ĕçрен кăларса ярĕç, унăн ĕç шыраса çӳремелле пулĕ.

Эпир—пуянсене пăхăнса тăракан, вĕсен ĕçне туса тăракан çынсем. Пуянсем вара пирĕн çурăм хыçĕнче пытанса вăрттăн ĕçсем туса тăраççĕ. Эпир—пукане сем; пире пуянсем кантрапа туртса хускатаççĕ те—эпир вара ташлатпăр. Пирĕн талант, пирĕн майсем тата пирĕн пурнăç—çаксем пурте урăх çынсен харпăрлăхĕ пулса тăраççĕ. Эпир — ăс-тăн енĕпе сутăннă çынсем».

Çапла каланисем—хаяррăн каланă сăмахсем. Анчах вĕсем унчухне тĕрĕс сăмахсем пулнă, халĕ те тĕрĕс сăмахсем пулса тăраççĕ. Пирĕн çав тери хытă мухтакан пичет ирĕклĕхĕ вăл пуянсен хаçат хуçисем пулса тăма ирĕклĕх пуррине, вĕсен хăйсем тĕнчери пурнăçа питĕ пуян капиталистсен куçĕсемпе пăхса мĕн куринне общественность шухăшĕ вырăнне йышăнтарма ирĕклĕх пуррине пĕлтерет. США-ри пĕр законра та пичет ирĕклĕхĕ пулмалла мар тесе çырман. Анчах пичет ирĕклĕхĕ пулмалла марри çинчен закон кăларма та кирлĕ мар. Рабочисен хаçат кăларас ĕçе сутăн илме тата хаçат кăларса тăма укçа çук. Пуянсен укçа пур, Çавăнпа та эпир вулакан хыпарсене пăсса çыраççĕ, вĕсене пуянсемшĕн усăллă, чухăнсене хирĕçле шухăшлă туса пĕлтереççĕ».

# Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнă ятпа Прагăра пулнă савăнăçлă лару

ПРАГА, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Паян каçхине Прагăра Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнă ятпа савăнăçлă лару пулса иртнĕ. Бедржих Сметана ячĕпе тăракан театр залне республикăн политикăпа обществăллă ĕçри сыннисем, Наци фронтне кĕрекен мĕнпур организацисен представителĕсем, Прагăри предприятисенчи ударникĕсем тата ударницăсем, Государство премийĕсен лауреачĕсем пухăннă.

Сцена варринче шалта—Иосиф Виссарионович Сталин Генералиссимуспа Чехословаки республики президенчĕн Клемент Готвальдăн портречĕсем. Вĕсене Чехословакипе Совет Союзĕн государство ялавĕсемпе илемлетнĕ. Портретсем тавра пилĕк вĕçлĕ хĕрлĕ çăлтăр курăнса тăрать. Çӳлте çапла çырса хунă: «Эпир хамăра ирĕке кăларакана, пĕтĕм тĕнчери мир тĕрекĕ пулса тăракан Совет Союзĕпе туслă пулни çирĕпленсе пытăр!».

Президиум сĕтелĕ хушшинче—Наци пухăвĕн председателĕ Олдржих Пон, премьер-министр Антонин Запотоцкий тата правительство членĕсем, Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Антонин Новотный, Совет правительствин делегацийĕн членĕсем—Совет Союзĕн Маршалĕ И. С. Конев, СССР Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн заместителĕ В. А. Зорин тата СССР Союзĕн Чехословакири посолĕ А. И. Лаврентьев, тĕрлĕ çĕршывсен правительство делегацийĕсен пуçлăхĕсем,—делегацисем кунта Совет Çарĕ Чехословакине ирĕке кăларнăранпа çичĕ çул тултарнине уявлама килнĕ.

Ларăва премьер-министр заместителĕ тата Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Вилем Широкий уçать. Трибуна умне Чехословаки премьер-министрĕ Антонин Запотоцкий тухать, ăна хĕрӳллĕн кĕтсе илеççĕ. Запотоцкий сăмах калана чухне Совет халăхне, Совет Çарне саламласа, Чехословакипе Совет Союзĕн халăхĕсем тăванла туслă пурăннине ырласа, Чехословаки халăхĕн çулпуçне Клемент Готвальда саламласа, мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсынисен çулпуçне учительне Иосиф Виссарионович Сталина саламласа тăвăллăн алă çупаççĕ.

Унтан Совет правительствин делегацийĕн пуçлăхне Совет Союзĕн Маршалне И. С. Конева сăмах параççĕ. Зала пухăннă мĕнпур çынсем аслă совет халăхĕн представителĕне ура çине тăрса хĕрӳллĕн саламлаççĕ. Залра çакăн пек саламласа калаçнисем илтĕнсе тăраççĕ: «Сывă пултăр Совет Союзĕ!» Конев юлташ сăмахне калана чухне темиçе хутчен те алă çупаççĕ.

Унтан Чехословаки халăхне Китай Халăх Республики, Польша, Демократиллĕ Корея Халăх Республики, Румыни, Монголи Халăх Республики, Болгари, Демократиллĕ Германи Республики, Венгри тата Албани правительствисен делегацийĕсен пуçлăхĕсем саламлаççĕ.

Ларăва пухăннисем питĕ пысăк хавасăхпа Иосиф Виссарионович Сталин юлташа саламлă телеграмма яма йышăнаççĕ. Саламлă телеграммăна Чехословакири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ тата чехсемпе словаксен Наци фрончĕн правительстви алă пуснă. Телеграмма яма йышăннă чухне залра нумайччен хăватлăн алă çупаççĕ, «Ура!», «Сывă пултăр Сталин юлташ!» тесе саламласа калана сасăсем илтĕнеççĕ. Телеграммăра çапла çырнă:

## Иосиф Виссарионович Сталин Генералиссимуса

Хаклă Сталин юлташ!

Совет Союзĕ гитлерла Германие парăнтарса аслă çĕнтерӳ тунăранпа çичĕ çул тултарнă кун, паттăр Совет Çарĕ пирĕн республикăна ирĕке кăларнă кун хамăр çĕршыври пĕтĕм халăхпа пĕрле Сире чунтан-чĕререн саламласа хĕрӳллĕ тав тăватпăр.

Çак паллă кунра пирĕн халăх аслă Совет Союзне, мухтавлă совет воинĕсене вĕçĕмсĕр юратса тата тав туса яланах асра тытса пурăнĕ, совет воинĕсем этемлĕхе çăлса хăварассишĕн тата пирĕн халăхсене ирĕке кăларассишĕн хăватлă кĕрешсе пирĕн Тăван çĕршыва хăйсен юнне юхтарчĕç. Пирĕн халăх çак кунра хамăра ирĕке кăларнă Совет Çарне тата Сире, хаклă Сталин юлташ, совет халăхне çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ патне илсе пыракана, вĕçĕмсĕр юратса тата тав туса асра тытса пурăнĕ.

Коммунизм ăнăçлă туса пыракан хăватлă Совет Союзĕ пирĕн халăх ирĕклĕ пурăнассин, эпир социализм патне ăнăçлăн малалла кайса пырассин çирĕп тĕрекĕ пулса тăнăшăн хăвна тав тăватпăр. Вăрçă хыççăнхи малтанхи çулсенче пуçласах Совет Союзĕ ырă кăмăлпа пулăшни пирĕн экономика вăйсăрланасăпчен тата хытăран çăлса хăварчĕ. Совет Союзĕпе çирĕп союзлă пулни пирĕн тата Совет Союзĕ пĕрмаях мирлĕ политика тытса пыни империалистла вăрçă-хурахсем пирĕн çĕршыв çине вăрçăпа тапăнассине татăклăн пӳлсе хăртрĕ, çапла вара пирĕнпĕн мирлĕ ĕçсене пурăнма май пулса тăчĕ.

Марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕн аслă идейисем, Пĕтĕм Союзри Коммунистсен (большевиксен) мухтавлă Партийĕн совет халăхĕн пуян опычĕ, Совет Союзĕ хуçалăхпа техника тата культура тĕлĕшĕнчен пулăшса пыни пире социализм строительствинчи йывăрлăхсене ăнăçлă çĕнтерсе пыма, сăтăрçăсен бандин кӳнĕ сиенсене пĕтерме тата çĕнĕ, социализмлă общество çĕнтерӳллĕн туса пыма май парать.

Пирĕн ĕçхалăхĕ, Чехословакири коммунистсен партийĕ тавра, Готвальд юлташ тавра тачă пĕтĕçсе, совет халăхĕ тăванла пулăшнипе хамăр çĕршыва ĕçсыннисен телейлĕ те хаваслă Тăван çĕршывне, мирпе çамрак хăватлă, никам çĕнтерейми тĕрекĕ туса хурассипе пĕтĕм вăйпа тăрăшса ĕçлет.

Мирпе тата хамăр çĕршыва социализм çĕнтерессишĕн кĕрешмелли ырă задачăсем пире пирĕн çĕршыв хăватлă Совет Союзĕпе тăванла союзлă пурăннине ывăнма пĕлмесĕр çирĕплетсе пыма, пролетариатлă интернационализм ялавне çӳле тытса пыма хушаççĕ. Эпир Совет Союзĕпе—пĕтĕм тĕнчери мирĕн çирĕп тĕрекĕпе тата коммунизмăн шанчăклă строительстви туслă пурăнасси чĕчекленсе тата çирĕпленсе пытăр!

Пире ирĕке кăларнă, мире тата халăхсен ирĕклĕхне çирĕп сыхласа тăракан паттăр Совет Çарне—мухтав!

Сире, хаклă Сталин юлташ, пирĕн халăхăн чи лайăх тусĕпе учительне, пĕтĕм тĕнчери мирпе халăхсен туслăхĕн ялавне çӳлте тытса пыракана нумай-нумай çулсем хушши сывă пурăнма ырлăх сунатпăр.

**Чехословакири Коммунистсен Партийĕн Центральнăй Комитечĕ.**
**Чехсемпе словаксен наци фрончĕн правительстви.**

## Германине ирĕке кăларнă куна уявлана ятпа Берлинра пулнă савăнăçлă лару

БЕРЛИН, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Паттăр Совет Çарĕн чаçĕсем Германи халăхне гитлерла фашизм пусмăрĕнчен хăтарнă куна уявлана ятпа паян Берлинра савăнăçлă лару пулнă.

Ларура çаксем пулнă: Демократиллĕ Германи Республикин президенчĕ Вильгельм Пик, Халăх Палатин председателĕ Иоганнес Дикман, премьер-министр Отто Гротевольпе пĕрле Демократиллĕ Германи Республики правительствин членĕсем, Совет Союзĕн Контроль Комиссийĕн председателĕ армин генералĕ В. И. Чуйковпа пĕрле комисси представителĕсем, Демократиллĕ Германи Республикин правительстви çумĕнчи дипломати корпусĕн старшини Г. М. Пушкин посолпа пĕрле дипломати корпусĕн членĕсем.

Савăнăçлă ларăва демократиллĕ партисен, демократиллĕ массăллă организацисен представителĕсем, Берлинри предприятисемпе учрежденисенче ĕçлекенсем пухăннă.

Сценăна Совет Союзĕпе Демократиллĕ Германи Республикин ялавĕсемпе илемлетнĕ. Сцена çинче: «Совет Союзĕпе туслă пурăннипе кăна Германи никама пăхăнман, мире юратакан, чечекленекен тата пуян пурăнакан çĕршыв пулса тăрĕ» тесе çырнă транспарант çакнă.

Лару пуçланас умĕн оркестр Демократиллĕ Германи Республикин гимне тата Совет Союзĕн гимне вылянă.

Ларура Демократиллĕ Германи Республикин Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Георг Дертингер сăмах тухса калана.

### АМЕРИКĂРИ ПĔРЛЕШӲЛЛĔ ШТАТСЕМ ЯПОНИ БАНКĔН 54 ТОННА ЫЛТĂННЕ ТЫТСА ИЛНĔ

ТОКИО, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Японири хаçатсем çакăн çинчен пĕлтереççĕ: Японие оккупацилеме пуçласанах Америка оккупаци влаçĕсем Япони банкĕн ылтăнне тытса илнĕ пулнă. Çав ылтăнран вĕсем Япони банкне 45 тонна каялла тавăрса паман.

Оккупаци влаçĕсем Японие оккупацилесе тăма пуçланă вăхăтра конфискациленĕ ытти йышши хаклă металсемпе бриллиантсене тавăрса парас енĕпе те ĕç начар тăни çинчен Токиора калаçаççĕ. Çав пуянлăхсем пирки çырнă документсене арпаштарса пĕтернĕ, çавăнпа та пĕтĕмпе хаклă япаласене чăннипе мĕн чухлĕ конфискациленине тата пур хаклă япаласене те тавăрса панине пĕлме йывăр, теççĕ.

### МЕКСИКĂРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ГЕНЕРАЛЬНĂЙ СЕКРЕТАРЬНЕ ТЫТСА ХУПНĂ

НЬЮ-ЙОРК. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн корреспонденчĕ Мексико хулинчен пĕлтернĕ тăрăх, полици Мексикăри коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарьне Дионисио Энсина тытса хупнă.

Корреспондент тата çакăн çинчен пĕлтерет: оппозицире тăракан ултă парти Алеман президент патне çырусем янă, вĕсем Энсина ирĕке кăларма ыйтаççĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕн паянхи пĕлтерĕвĕнче çапла каланă: пур фронтсенче те разведка тăвакан пĕчĕк отрядсем пĕр-пĕринпе тытăçса çапăçнисем пулнă тата вăрçакан çарсем пĕр-пĕрне хирĕç тупăсемпе пенĕ, фронтсенче урăх нимĕнле улшăну та пулман.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллери чаçĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн 4 истребительне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, майăн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: пур фронтсенче те разведка тăвакан отрядсем пĕр-пĕринпе тĕл пулса çапăçнисем пулнă, çапăçакан çарсем пĕр-пĕрне хирĕç тупăсемпе пенĕ. Урăх нимĕнле улшăну та пулман.

Халăх çарĕн зенитнăй артиллери чаçĕсем тата тăшман самолечĕсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем тăшманăн икĕ самолетне персе ӳкернĕ.

### АМЕРИКА АГРЕССОРĔСЕМ ХАЛĔ ТЕ КОРЕЙĂРА ХИМИЛЛĔ ХĔÇПĂШАЛПА УСĂ КУРАÇÇĔ

**Корейăн тĕп телеграф агентстви пĕлтерни**

ПХЕНЬЯН, майăн 8-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăн тĕп телеграф агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: Америка агрессорĕсем çаплах химиллĕ снарядсемпе переççĕ тата бомбăсем нумай пăрахаççĕ.

Апрелĕн 22-мĕшĕнче, 12 сехетре американецсем Кэсон хулинчен çурçĕр-хĕвелтухăçнерехри Дэвонри ялĕ патне химиллĕ бомбăсем пăрахнă. Çав кунах вĕсем Имчжинган юханшывĕн çыранĕнчи, Кэсонран кăнтăртарахри Сэнне районне химиллĕ 7 снаряд пенĕ.

Апрелĕн 23-мĕшĕнче, ирхине 10 сехетре американецсем Чхолвоньрен хĕвеланăçнерехри Асеннсан патне наркăмăшлă газ тултарнă 20 снаряд ытла, çав кунах 16 сехет те 30 минутра вĕсем Донбакпа Санкьемкок районĕсене, Кораnпхори ялĕнчен çурçĕртерехри вырăна химиллĕ 50 снаряд ытла пенĕ.

Апрелĕн 25-мĕшĕнче тăшман артиллерийĕ Квансан, Ымхенри тата Сенгжон районĕсене химиллĕ 7 снаряд, хĕвелтухăçĕнчи фронтра тăшман Оынсан сăрчĕсен районне, Мунденри ялĕнчен çурçĕртерехри вырăна çавăн пек 6 снаряд пенĕ.

### Китайра кооперативсем нумайланна

ПЕКИН. (ТАСС). Синьхуа агентстви çакăн çинчен пĕлтерет: 1949 çулхипе танлаштарсан, Китайра тĕрлĕ кооперативсен членĕсен шучĕ 16,5 хут ӳснĕ. Халĕ кооперативсенче хуласенчипе ялсенчи халăхран 82 миллион çын ытла тăрать.

Хальхи вăхăтра суту-илӳ тăвакан кооперативсем 39 пин таран шутланаççĕ. Иртнĕ çулта вĕсен ваккăн суту-илӳ тăвассинчи тавар çаврăнăшĕ, 1949 çулхипе танлаштарсан, 15 процент ӳснĕ, пĕтĕм тавар çаврăнăшĕ—19 хут ӳснĕ.

Суту-илӳ кооперативĕсем табак, чей, тунг çăвĕ, соя пăрçи, тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем сутăн илме, çĕр мамăкĕпе сӳс-кантăр сутăн илме килĕшӳсем тăваççĕ, хресченсене çĕрĕç хатĕрĕсем тата удобренисем сутаççĕ. Çурçĕр Китайра кăна вĕсем хресченсене 250 пин тонна удобрени тата 1.600 пин ялхуçалăх хатĕрĕсем сутнă.

Потребительсен кооперативĕсенче 9 миллион çынна яхăн члента тăрать.

# Хамăр республика тăрăх

## Хулари садсенче



Укерчĕк çинче: Шупашкарти Константин Иванов ячĕпе тăракан сквер

Хулари садсемпе скверсене çуллахи сезона уçма хатĕрлеççĕ. Кăçал вĕсене çĕнетсе пысăклатас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерме палăртнă.

Çак кунсенче Атăл хĕрринчи Константин Иванов ячĕпе тăракан скверта иртен пуçласа каçчен ĕç вĕрет. Сквера тĕпренех çĕнетсе пысăклатаççĕ, илемлетеççĕ. Халĕ сквер тавра темиçе çулхи çăкасем лартаççĕ. Вĕсене Çĕрпӳ районĕнчен куçарса килеççĕ.

Сквер варринче, курăнмалли вырăнта гранит постамент çинче Константин Иванов памятникĕ пулать. Ăна Кудрявцев скульптор бюсчĕ тăрăх бронзăран шăратса тунă. Памятник умĕнче пысăк фонтан шыв сирпĕтсе тăмалла. Сквера пырса кĕмелли алăк патĕнче шĕвĕр вĕçлĕ чул юпасем, вĕсем çинче электричество лампочкисем çутатаççĕ. Çак сквер хулари скверсенчен чи илемли пулать.

Крупская ячĕпе тăракан садра та çуллахи сезона хатĕрленсе пысăк ĕçсем тăваççĕ. Кăçал кунта вулламалли павильон пулать. Унта çуллахи вăхăтра М. Горький ячĕпе тăракан центральнăй библиотекăн филиалĕ ĕçлемелле. Павильонтах игротека пулать. Садри çулсене тикĕслесе хăйăр сапаççĕ, тенкелсене юсаса сăрлаççĕ, клумбăсем, чечек йăранĕсем тăваççĕ.

Çуллахи вăхăтра садра тĕрлĕ мероприятисем ирттерме палăртнă. Лекцисемпе докладсем ирттерессине йĕркелеççĕ, ирĕклĕ обществăсен ĕçĕсене кăтартакан витринăсем пулаççĕ.

## Натуралист блокнотĕнчен

Май—юлашки çурхи уйăх. Çутçанталăк симĕс тумпа витĕнет, тĕрлĕ тĕслĕ чечексемпе илемленет. Колхозсен вĕçĕсĕр анлă уй-хирĕсенче, çӳлте пĕлĕтре, тăри хăйĕн юррине шăрантарать.

Хурăн, пилеш, шĕшкĕ, çĕмĕрт йывăççисем, сирень, хурама, хăва çулçăсем кăлараççĕ. Пĕрремĕш çуруйăхра, ăшă çумăр хыççăн, вăрманта хурăнпа тополь папакĕсен шăрши кĕрет.

Май пуçламăшĕнче хурăн чечеке ларать. Ун хыççăн çĕмĕрт, груша йывăççисем чечеке лараççĕ.

Пĕрремĕш хут куккук аватни илтĕнет, каççерен шăпчăк хăйĕн юррипе килентерет. Чĕкеçсем, вĕршĕнсем вĕçсе килеççĕ. Чи юлашкинчен путенесемпе карăшсем çитеççĕ.

Нумай вĕçен-кайăксем чĕпсем кăларма хăйсен йăвине кĕрсе ларнă. Çăхан чĕпписем чылай çитĕннĕ ĕнтĕ. Вĕсем пĕр йывăç çинчен тепĕр йывăç çине вĕçсе ӳкме пултараççĕ.

Май уйăхĕнче мамăк çăмлă тискер кайăксем пурте тенĕ пекех çăм тăкаççĕ. Мулкачпа пакша шурă тум вырăнне хăмăртарах тум тăхăнаççĕ. Çавăн пекех кашкăрсем, упасем, тилĕсем, енот йытăсем, сăсарсем те çăм тăкаççĕ.

Малтанхи çур уйăхра кашкăр тата тилĕ амисем çăвăрласа параççĕ. Сунарçăсем кашкăрсене йĕрлесе çӳреççĕ, вĕсене çемйи-мĕнĕпех пĕтереççĕ. Май уйăхĕнче пăши ами те пăруласа парать.

Вĕлле хурчĕсем хĕрсе ĕçлеççĕ, тĕрлĕ йывăççем çинчен пыл пухаççĕ.

Май уйăхĕнче «Вăрман кунне» ирттереççĕ. Ун чухне ĕççыннисем массăллăн йывăççем лартаççĕ.

Юр ирĕлсе пĕтнĕ хыççăн çуркуннехи малтанхи кăмпа—кăтра кăмпа шăтса тухать. Кăтра кăмпа май уйăхĕ пĕтиччене ӳсет.

Пурăш, шашкă çăвăрлама тытăнаççĕ. Сăр шывĕн тăрăхĕнче тата Атăл лешенчи вăрмансенче юлашки çулсенче чылай ĕрченĕ рыççем те çăвăрлаççĕ. Рысь ами йывăç хăвăлĕсенче е çапăсем айĕнче çăвăрлать, çурисене те çавăнтах пăхса ӳстерет. Карсак мулкач иккĕмĕш хут çăвăрласа парать.

Чăваш республикине илсе килнĕ бобрсем çăм тăкаççĕ. Вĕсем май уйăхĕнче 1—3 çура туса параççĕ. Ондатрăна пирĕн республикăна 1947 çулта илсе килнĕ, ăна Сăр шыв тăрăхне янă. Ондатра май уйăхĕнче пĕрремĕш хут çăвăрлать, 4—10 çура таран туса парать. Çурасен куçĕсем 12 кун иртсен уçăлаççĕ.

Карăксем, вырăнти вĕçен-кайăксенчен чи пысăккисем, иккĕмĕш çур уйăх пуçланиччен тухлашаççĕ.

Майăн 4-мĕшĕнче шывра ишекен тата шурлăхра пурăнакан вĕçен-кайăксене тытмалли сунар вĕçленет. Вăл кайăксем çăмарта туса чĕпĕсем кăларма йăвисене кĕрсе лараççĕ.

**П. ЧУГУНОВ.**

## Çĕнĕ клубра

ШĂХАСАН. Авăспӳрт Кипеч ял Совечĕнчи «Вперед» колхоз нумаях пулмасть 400 çын ытла вырнаçмаллăх çĕнĕ клуб туса пĕтерчĕ. Кунта агротехникăна вĕренмелли курс тата драма кружокĕ йĕркеллĕ ĕçлет. Драмкружок клубра час-часах спектакльсем лартса парать. Вăл район центрĕнче пулнă смотрта Хисеплĕ грамота илме тивĕçлĕ пулчĕ. Халĕ колхозри комсомолецсем клуб тавра 2 гектар çĕр çине сад тума хатĕрленеççĕ.

**М. ВАСИЛЬЕВ.**

Ответлă редактор заместителĕ
**И. П. ПАВЛОВ-ПИНЕР.**

# Чăваш АССР-ĕнчи ирĕклĕ пушар дружинисене асра тытма

Кăçалхи апрель пуçламăшĕнче Шупашкарта хамăр республикăри колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен начальникĕсен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Канашлу колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен ĕçне лайăхлатмалли майсем тата пушар пуласран сыхланас тесе халăха ытларах ăнлантарса парасси çинчен сӳтсе яврĕ.

Чăваш АССР-ĕнчи колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен начальникĕсен канашлăвĕнче пулнисем çакăн пек обязательствăсем илчĕç:

1. Промышленность предприятийĕсенче, колхозсенче, совхозсенче тата ялсенче пушартан сыхланас ĕçе лайăх йĕркелеме социализмла ăмăртса ĕçлессине организацилес.

2. Çуртсем çине пуринчен ытла улăм витнĕ ялсенче ăнсăртран тухнă пушара чарса лартма кирлĕ ĕçсене тумалла,—унта юнашар ларакан хăшпĕр çуртсем çине (5—10 çурт урлă) черепица, тăмпа çăрнă улăм е урăх çунман япалапа витмелле тата çуртсем хушшинчи вырăнсенче йывăççем лартса ӳстермелле. Çав ĕçе тумалли çинчен пур çĕрте те халăха ăнлантарса парас пулать.

3. Массăллă агитаци ĕçне куллен-кун туса пырса, пушартан сыхланмалли правилăсене пăхăнмалли çинчен, çавăн пекех тата пушар тухсан ăна сӳнтермелли майсем çинчен халăха ăнлантарса памалла.

4. Колхозсемпе ялсенче пушартан сыхланмалли майсене тĕплĕ пурнăçласа пыччăр, пушарпа кĕрешмелли хатĕрсене юсавлă тытчăр, кӳлĕсемпе пĕвесенче яланах шыв пултăр, шыв илсе пымалли çулсем юсавлă пулччăр тесе сăнаса тăмалла. Пушарпа кĕрешме мĕн те пулин çитмест пулсан, çав çитменлĕхе тивĕçлĕ руководительсем урлă çийĕнчех пĕтермелле.

5. Çуллахи вăхăтра производствăпа хуçалăх çурчĕсенче, пурăнмалли çуртсенче те кăмакасемпе тĕтĕм тухмалли мăрьесене тĕплĕ юсамалла, вĕсем пушартан сыхланмалли правилăсенче каланă пек пулччăр.

6. Колхозсен выльăх-чĕрлĕх витисенче, складсемпе амбарсем патĕнче, ялхуçалăх машинисемпе инвентарь усрамалли вырăнсенче пушартан сыхланма мĕн кирлине пĕтĕмпех тумалла, çав вырăнсенчи çӳп-çапа, çунакан япаласене тасатмалла; унта шыв тата пушарпа кĕрешмелли хатĕрсем çителĕклĕ пулччăр.

7. Кашни колхозра пушара хирĕç кĕрешме кирлĕ япаласем туса хатĕрлемелле; çав япаласене колхозри вăйпа тăвас пулать.

8. Пушара хирĕç кĕрешме пур çĕрте те шыв çителĕклĕ пултăр тесе, пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен работниксен çĕнĕ пĕвесемпе кӳлĕсем тата вĕсем патне пымалли çулсем тума çине тăрса тăрăшмалла.

9. Ирĕклĕ пушар дружинисенче члента тăракансене ĕçе хутшăнтарса, пушартан сыхланас тĕлĕшпе колхозсен обществăллă çурчĕсене, çавăн пекех колхозниксен çурт-йĕрĕсене те çулталăкра тăватă хутран кая мар пăхса тухмалла, палăртнă çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтермелле.

10. Пур колхозсенче те çакăн пек ĕç туса ирттермелле: кашни çуртра пурăнакан çынсен пушар сӳнтернĕ çĕре мĕнле хатĕр (пуртă, лом, кĕреçе, витре, пусма т. ыт. те) илсе пымаллине малтанах палăртса хумалла, ун çинчен хăма çине çырса çурт çумне çакса хумалла.

11. Вырăнти халăха ирĕклĕ пушар дружинисене члена кĕртес тĕлĕшпе ытларах ĕçлемелле, çав вăхăтрах пушар дружинин кашни членĕ пушар тухассинчен сыхланас ĕçре активлă пулăшса пытăр тесе тăрăшмалла.

12. Ачасене ашкăнса пушар кăларма парас мар тесе, республикăри ялсемпе поселоксенче пур çĕрте те çамрăксен пушар дружинисене тума тăрăшмалла.

13. Пушартан сыхланас ĕçе çуллахи вăхăтра уйрăмах вăйлатмалла. Ялта тата уйра (тырпул пулса çитсен) пушар пулассинчен сыхланма çуллахи вăхăтра дозорсем (çуран тата утпа) çӳремелле тата уйри вышкăсем çинче хурал тăмалла; вышкăсем çинчен пушар тухни çинчен пĕлтермелли хатĕрсем (чан çапмалли, çакса хунă рельс татăкĕ т. ыт. те) пултăр; дозорта çӳреме тата хурал тăма çамрăксене (комсомолецсене, пионерсене, шкул ачисене) ытларах хутшăнтармалла. Итемсемпе тырă типĕтмелли сушилкăсене пушартан уйрăмах хытă сыхламалла.

14. Колхозсен çурчĕсем патĕнче пур çĕрте те тата яланах пушар сӳнтермелли хатĕрсем (шыв тултарнă каткасем, витресем, багорсем, ломсем, кĕреçесем т. ыт. те) пулччăр; çав япаласене яланах юсавлă тытас пулать.

15. Пушар сӳнтермелли машинăсемпе ытти хатĕрсене (моторлă помпăсене, алăпа уçламалли насуссене, шыв кӳме пичке лартнă урапасене, багорсемпе кĕреçесене т. ыт. те) яланах юсавлă тытмалла.

16. Ирĕклĕ пушар дружинисен членĕсемпе кашни уйăхра занятисем ирттерсе, пушар сӳнтерме вĕрентмелле; занятисем ирттернĕ чухне пушар сӳнтермелли машинăсемпе тата хатĕрсемпе усă курмалла.

17. Пушар деповĕсене йĕркелесе çитермелле, унта ирĕклĕ пушар дружинисен членĕсем валли ĕçлеме лайăх услови пултăр. Кашни депо çумĕнчех ирĕклĕ пушар дружинисен членĕсем пухăнмалли пӳлĕм пулмалла.

18. Тырă типĕтмелли сушилкăсенче, авăнсенче, выльăх-чĕрлĕх валли апат пĕçермелли кухньăсенче тата ытти обществăллă çуртсенче кăмака хутакансене пушартан сыхланмалли правилăсем çинчен тăтăшах ăнлантарса памалла.

19. Ялта пушартан сыхланас ĕç мĕнле тăни çинчен колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче ыйту лартса сӳтсе явма тăрăшмалла,—ку ĕçе кашни кварталта туса пырсан лайăх пулать.

20. Государствăн пушартан сыхланас тĕлĕшпе ĕçлекен надзорĕ çырнă актсенче тата хушусенче кăтартнă ĕçсене—пушартан сыхланмалли ĕçсене—мĕнле пурнăçланине пĕрмаях тĕрĕслесе тăмалла, пушартан сыхланмалли правилăсене пăсакан тата пушар хуралĕ тума хушнă ĕçсене туман çынсем тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Республикăри колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен начальникĕсен канашлăвĕ колхозсенчи ирĕклĕ пушар дружинисен членĕсене çапла чĕнсе каларĕ:

— Ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене пушар хăрушлăхĕнчен сыхлас ĕçе активлă туса пырар! Пушар тухнă пирки обществăллă хуçалăх, çавăн пекех колхозниксен килти пурлăхĕ пĕтни нихçан та ан пултăр!

**ЧĂВАШ АССР ШАЛТИ ĔÇСЕН МИНИСТЕРСТВИН ПУШАРТАН СЫХЛАНАС ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН ПАЙĔ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: ответлă редактор—0-67, ответлă редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—4-17, ялхуçалăх пайĕ—3-97, пропаганда пайĕ—8-61, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01336 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.